Пĕтĕм тĕнчери пролетарисем, пĕрлешĕр!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

КПСС Чăваш обкомĕпе Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн тата Министрсен Совечĕн органĕ

Орган Чувашского обкома КПСС, Верховного Совета и Совета Министров Чувашской АССР

№ 17 (20150) • Шăматкун, 1990 çулхи январĕн 20-мĕшĕ • Хаçат 1918 çулхи февральтенпе тухать • Хакĕ 3 пус

# ТӲРĔ КĂМĂЛПА ĔÇЛЕСЕ ПУРĂНМАЛЛА

## М. С. ГОРБАЧЕВ Пĕтĕм Союзри канашлăва уçнă май январĕн 18-мĕшĕнче каланă сăмах

Хаклă юлташсем! Рабочи класс, хресченсен, инженерсемпе техниксен представителĕсен Пĕтĕм Союзри канашлăвне уçса, нимрен малтан сире, партин Центральнăй Комитечĕ йышăннипе ирттерекен çак тĕлпулăва хутшăнакансене, сирĕн урлă пирĕн çĕршыври ĕççыннисене саламлатăп.

Çак канашлăва çынсем йышлăн хутшăннине шута илсен те, ăна ирттерекен вăхăта, çĕнетĕвĕн, пирĕн обществăна çĕнетсе урăхлатас тĕлĕшпе пани татса паракан задачăсене шута илсен те, эпир çак канашлу питĕ пысăк пĕлтерĕшлĕ пулнине куратпăр.

Сирĕн шухăш-кăмăла, эсир чи кирлĕ ыйтусемпе проблемăсем çине мĕнле пăхнине пĕлес килет. Çĕнетӳ хăйĕн аталанăвĕн йывăр, эпĕ çапла та калăттăм, татăклă тапхăрне кĕчĕ. Хăшпĕр енчен илсен, митингсем хыçа тăрса юлчĕç, анчах вĕсем çав-çавах пур-ха, çĕнетӳ политики, унăн тĕп тĕллевĕсем пирки ирттерекен дискуссисем хыçа тăрса юлчĕç. Эпир çак политикăна ĕçе кертмелли питех те кир[illegible] аталанса, тăрăнланса пырать, вăл пирĕн питĕ пысăк çĕршыв обществин мĕнпур сийĕсене, пурнăçăн мĕнпур сферисене саралчĕ. Обществăна çĕнетессин тăрăн тата тĕпренех улшăнусем тумасăр пурнăçланаймасси, вăл ĕçпе организацин çĕнĕ пахалăхĕсем патне çитеймесси çинчен сăмах пырать пулсан, çапла вара çак процесс питех те сивĕч формăсем йышăнать. Çакна эсир пурсăр та туйса тăратăр, эпир пурсăмăр та туйса тăратпăр. Эпир киввине сĕнни, тĕрлĕ позицисем, шухăшсем тата, паллах, интерессем татăклăн хире-хирĕç тăнă вăхăтра пурăнатпăр. Çынсем хальхи лару-тăрăва ăнланса илессшĕн, унăн малашлăхне, пире ырăн мĕн кĕтнине ăнланса илессшĕн [illegible]

Юлашкинчен, чи кирли çинчен калас тетĕп. Çĕнетӳ политикин пуçламăшĕ вăл — пуринчен малтан çыншăн тăрăшасси. Шăпах этеме, унăн пурнăçĕпе тĕллевĕсене, интересĕсемпе туртăмĕсене, çитес ăрусем малашлăха шанчăклăн курса тăрассине эпир çĕнетӳ политикинче тĕп вырăна хутăмăр. Ыйтусен ыйтăвĕ — пирĕн пĕтĕм экономикăна, политика процесĕсене, ăс-хакăл аталанăвне шăпах çав çулпа аталантарма тытăнасси, çынсене производство хатĕрĕсенчен, Советсен ĕçĕнчен, çĕршыва тытса пырас ĕçрен уйăрнине пула килсе тухнă лару-тăрурăн илсе тухасси. Урăхла каласан, эпир социаллă пурнăçра суйласа илнине пăрахăçламастпăр кăна мар — эпир обществăна çĕнетни урлă социализм стройĕн гуманистла тупсăмне уçса пама тăрăшатпăр. Гуманистла, демократилле общество патне — экономика вăйлăн аталанакан, наукăпа культура çӳллĕ шайра тăракан, çыннăн пурнăç условийĕсем лайăх общество патне çитме тăрăшатпăр.

Чăннипе илсен, çĕнетĕвĕн [illegible] ка пулать те. Эпир [illegible] тăрăшакан обществăра этем прависене çирĕппĕн те шанчăклăн хӳтĕлемелле, эпĕ каларăм ĕнтĕ, лайăх пурăнмашкăн мĕнпур условисем туса памалла.

Çак пилĕкçуллăхăн иртнĕ тăватă çулталăкĕ пысăк вăй хурса ĕçленипе паллă пулчĕç, государство тата çĕршыв шăпине çывăх вăхăтлăха кăна мар, малашнехи вуншар çул валли палăртса хумалли майсене шырани, йывăр, питĕ кирлĕ решенисем йышăнни. Вĕсем обществăн экономика, политика, социаллă пурнăç тата ăс-хакăл сферисенче малтанхи улшăнусем тунипе палăрса тăраççĕ. Ялангах пĕрех, пĕрремĕш утăмсем — чи йывăррисем. Вĕсем нумай [illegible]

аран ӳссе пынă. Ĕçлекен çын хăй интересленни тата наукăпа техника прогресĕпе усă курни çинче никĕсленекен ĕç тухăçлăхĕн ӳсĕмĕсĕр вара ĕçре урăхла нимĕнле çĕнĕ пусăм та пулма пултараймасть.

Политика реформин пĕрремĕш тапхăрĕнче йывăрлăхсемпе йăнăшсем те пулчĕç. Ăна сирĕн куç умĕнче утса тухрăмăр. Халăх влаçĕн органĕсен чи аслă эшелонне йĕркелени, ССР Союзĕн çĕнĕ Верховнăй Совечĕ опытпа пуянланать. Закон акчĕсене хăвăрт çĕнетессе, анлă саралнă çĕнетӳ процесĕсем валли тата социализм право государстви туса хурас çул çинчи пĕрремĕш утăмсене ĕçе кĕртме право никĕсне туса хураççĕ.

Республикăсенчи тата вырăнсенчи Советсен суйлавĕ çывхарать, вăл политика реформи малалла тăрăнланса пынине кăтартса парĕ тата çынсене государствăна тытса пырас ĕçе чăннипех хутшăнтармалли çĕнĕ майсем уçăлĕç. Пирĕн çакна пĕлес килет: эпир питĕ пысăк вырăна хуракан процеса эсир мĕнле хаклатăр. Советсен [illegible] улăштарас ĕçе вĕсен çĕнĕ функцийĕсем урлă та, унта кăмисене суйлани урлă та пурнăçа кĕртме пулать. Унта, Советсенче, татăклă вăй кам пулĕ?

Çак пĕтĕм ĕç мĕнле пырать? Эсир вырăнсенчен тин кăна тухса килнĕ, пурте сирĕн куç умĕнче вăй илсе пынă. Тӳрех калатăп, хумханатпăр та эпир. Вăл халлĕхе лăпланса çитмест-ха. Ку вăл иртнĕ суйлав кампанийĕ пынă чухнех, эпир сирĕнпе СССР халăх депутачĕсене кандидата тăратнă тата суйланă чухнех пуçланнă. Хальхи тапхăрта та эпир çак процесри çитменлĕхсенчен хăтăлса çитеймен-ха.

Шăпах кăçал, юлташсем, [illegible]

рĕн умри ăрусем тунă кирлĕ, хаклă пуянлăха аркатма хăтланаççĕ пулсан, — урăх сăмах. Ăна упраса хăвармалла. Пурте пĕрле вăй хурса упрамалла, ăна аркатма никама та ирĕк памалла мар.

Пирĕн экономикăна этемĕн нумай енлĕ ыйтăвĕсене тивĕçтермешкĕн урăхлатасси, йывăррăн пулсан та, малалла аталанать. Ку вăл — татăклă улшăну, ăна пирĕн пурнăçа кĕртмеллех. Паллах, пирĕн экономика питĕ пысăк, ăна улăштарма вăхăт кирлĕ. Ун пирки сирĕн умăрта ытлашши нумай чăрăнса тăрас теместĕп. Пĕр завода урăхлатас е çĕнетес тесен те, паллă çул-йĕр суйласа илни, ресурссем тупни, пурнĕте тĕплĕн шухăшласа пăхни кирлĕ, ун хыççăн кăна палăртнă плана пурнăçа кĕртме тытăнмалла. Халĕ вара Союз экономики — социаллă пурнăçпа экономикăн çав питех те пысăк организмĕ пирки шухăшласа пăхар-ха, — кунта питĕ пысăк вăй хуни тата вăхăт кăна мар, питĕ пысăк ответлăх та кирлĕ.

Апла пулин те, структура улшăнăвĕсем пуçланчĕç. Вĕсем халăха кирлĕ таварсем тата пулăшу ĕçĕсем паракан [illegible] отраслĕсен, пуринчен малтан, çамăл промышленноçпа апат-çимĕç промышленноçĕн, аграрлă комплекса уса кӳреççĕ. Анчах халлĕхе кунта ĕçсем мĕнле пулса пыни, вĕсен шайĕ, урăхла каласан, ĕçсем улшăнса пыни çырлахтарать теме çук-ха.

Çак задачăсене татса пама халĕ машиностроение, оборона секторне, пирĕн наукăна хутшăнтараççĕ. Таварсемпе пулăшу ĕçĕсем нумайрах туса паракан предприятисене экономика тĕлĕшĕнчен хавхалантарасси утăм хыççăн утăм вăйланать. Халĕ, юлташсем, наци тупăшĕнчи ресурссене производствăпа çыхăнман строительство валли уйăрса паракан тӳпе 83 [illegible]

номикăшăн уйрăмах пысăк пĕлтерĕшлĕ, мĕншĕн тесен унăн çул-йĕрĕ пачах урăхла еннелле пулнă. Результатсем çакăн пек — 1988 çулта ваккăн сутмалли таварсаврăнăш калăпăшĕ — 25 миллиард тенкĕлĕх, иртнĕ çул тата 37 миллиард тенкĕлĕх ӳснĕ. Унччен хи çулсенче çак цифрăсем 8—10 миллиард, чи нумаййи вара 15 миллиард тенкĕ шайĕнче пулнă.

Совет çыннисен çемйисенче культурăпа йăла пĕлтерĕшлĕ, нумай вăхăт хушши усă курмалли япаласем нумайланнă: тĕрлĕ тĕспе кăтартакан телевизорсем — 1,7 хут, магнитофонсем — 30 процент чухлĕ. Çăмăл автомобильсем те, холодильниксем те, ытти те нумайрах. Çак цифрăсене «натурăпа» ахальтен илсе кăтартмастăп, мĕншĕн тесен урăхла шухăшлакансем те — (кунта пирĕн экономистсем канашламасăр пулман): эсир ӳсĕме процентпа, унтан та ытларах — укçа-тенкĕ урлă илсе кăтартатăр, кунта пĕтĕм ӳсĕм хаксем хăпарнинчен килет, текенсем те пур. Çавăнпа та эпĕ çак «натура» кăтартăвĕсене илсе кăтартатăп, мĕншĕн тесен вĕсем хăйсем çинчен хăйсемех калаççĕ. Тата апат-çимĕç таварĕсене пырса тивекен кăтартусене — натура кăтартăвĕсене! — илсе кăтартасшăн.

1985 çулта государство ресурсĕсен чĕртаварĕнчен 9,6 миллион тонна аш-какай хатĕрленĕ. 1989 çулта 11,4 миллион тонна аш-какай хатĕрленĕ, çакă 1,8 миллион тонна чухлĕ ытларах. Ку вăл выльăх-чĕрлĕх ӳстерни мар, аш-какай туса илни. Выльăх-чĕрлĕх çавĕ 1,5 миллион тонна туса илнĕ, иртнĕ çул вара — 1 миллион та 700 пин тонна. Сĕт продукцийĕ — 29,5 тата 33,8 миллион тонна. Сахăр кăшманĕнчен 7,6 тата 8,8 миллион тонна [illegible]

Ӳкерчĕксем çинче: конференци вăхăтĕнче. Ю. Дмитриев фотоӳкерчĕкĕсем.

## ВЛКСМ область организацийĕн XXXVIII конференцийĕ

Январĕн 19-мĕшĕнче Шупашкарта, КПСС обкомĕн Политвĕренӳ çурчĕн Пысăк залĕнче, ВЛКСМ Чăваш область организацийĕн XXXVIII конференцийĕ уçăлнă.

Çакăн пек кун йĕрки çирĕплетнĕ:

1. ВЛКСМ область комитечĕ 1987 çулхи январьтен пуçласа 1990 çулхи январь[illegible]

ВЛКСМ XXI съездне кайма делегатсем суйласси.

11. ВЛКСМ Чăваш область организацийĕнчен РСФСРти комсомол организацийĕсен съездне делегатсем суйласси.

12. ВЛКСМ Центральнăй Комитечĕн составне суйлама кандидатсем сĕнесси.

«Молодой коммунист» хасатра маларах комсомолăн [illegible]

комплексĕн организацилле комитечĕн председателĕ В. О. Федоров, ВЛКСМ обкомĕн пай заведующийĕ В. И. Няпин, Улатăр районĕнчи «Заря» колхоз арендаторĕ Н. Д. Князева, Шупашкарти ВЛКСМ Ленин райкомĕн пĕрремĕш секретарĕ А. Н. Волков, Чăваш государство педагогика институтĕнчи ВЛКСМ комитечĕн секрета[illegible]

ратпăр.

Сирĕн шухăш-кăмăла, эсир чи кирлĕ ыйтусемпе проблемăсем çине мĕнле пăхнине пĕлес килет. Çĕнетӳ хăйĕн аталанăвĕн йывăр, анчах çапла та калăттăм, татăклă тапхăрне кĕчĕ. Хăшпĕр енчен илсен, митингсем хыçа тăрса юлчĕç, анчах вĕсем çав-çавах пур-ха, çĕнетӳ политики, унăн тĕп тĕллевĕсем пирки ирттерекен дискуссисем хыçа тăрса юлчĕç. Эпир çак политикăна ĕçе кĕртмелли питех те кир- [illegible]

Çĕнетӳ анлăланса, тарăнланса пырать, вăл пирĕн пĕтĕм пысăк çĕршыв обществин мĕнпур сийĕсенче, пурнăçăн мĕнпур сферисенче саралчĕ. Обществăна çĕнетесси тарăн тата тĕпренех улшăнусем тумасăр пурнăçланаймасси, вăл ĕçпе организаци çĕнĕ пахалăхĕсем патне çитеймесси çинчен сăмах пырать пулсан, çапла вара çак процесс питех те сивĕч формăсем йышăнать. Çакна эсир пурсăр та туйса тăратăр, эпир пурсăмăр та туйса тăратпăр. Эпир киввипе çĕнни, тĕрлĕ позицисем, шухăшсем тата, паллах, интерессем татăклăн хире-хирĕç тăнă вăхăтра пурăнатпăр. Çынсем хальхи лару-тăрăва ăнланса илесшĕн, унăн малашлăхне, пире ыран мĕн кĕтнине ăнланса илесшĕн.

Çапла ыйтаççĕ: эпир çĕнетӳве, унăн çул-йĕрĕсене суйласа илес йăнăш туман-и? Паллах ĕнтĕ, пурте çакна пĕлесшĕн: ырă улшăнусем хăçан çирĕпленсе çитĕç тата витĕмлĕ результатсем пама пуçлĕç. Вĕсем — пурнăçпа сыхăннă ыйтусем, мĕншĕн тесен пирĕн çынсен йăли çакăн пек: вĕсене харпăр хăй шăпи çеç мар, ĕç коллективĕн, республикăн, халăхăн, пĕтĕм çĕршывăн шăпи те интереслентерет.

Паян сӳтсе явмалли ыйтусене хускатса, эпĕ ку енĕпе мĕн калас тетĕп-ха? Эпир доклад тăвас мар тесе йышăнтамăр, ытларах вăхăта сире парас терĕмĕр, мĕншĕн тесĕн юлашки вăхăтра докладсемпе тухса каланисене сахал мар илтнĕ. Çавăнпа эсир кунта, Кремльти дворецăн Пысăк залне, илсе килнĕ шухăшсем çинчен каласа пама тытăнни тĕрĕсрех пулать пулĕ.

Çак канашлура дискусси умĕн калакан сăмахăмра эпĕ çакна палăртас терĕм. Пуринчен малтан, тепĕр хут çакнă палăртатăп: такăм шухăшласа кăларни, уйрăм çын шухăшĕ, теллевĕ, хăйне мала хуни мар, пурнăç хăй пире таран çĕнетӳ идейисем патне илсе çитерчĕ. Вăл питĕ кирлĕ пире. Эпир халиччен пурăннă пек пурăнма пултараймастпăр. Çĕнетӳ пире сывлăш пекех кирлĕ. Пирĕн социализм стройĕн майĕсене уçса памашкăн кирлĕ. Эпир Совет влаçĕн сулĕсенче пухнă питех те пысăк пуянлăхпа усă курмашкăн кирлĕ. Эпĕ пирĕн обществăн наука-техника, пĕтĕм интеллект вăй-хăватне шута илетĕп. Хальхи тата çитес ăрусем тивĕçлĕ шайра пурăнччăр тесе, кашни кунах чылай лайăхрах усă курмалли питĕ пысăк ресурссене шута илетĕп. Эпир социаллă хутшăнусене йĕркелес енĕпе пысăк опыт пухнă, кун пирки те тĕплĕн шухăшласа пăхмалла, унпа пирĕн обществăна, халăх стройне ăнланса илессин çĕнĕ шайне çитес тĕллевпе усă курмалла.

илсе тухасси. Урăхла каласан, эпир социаллă пурнăçра суйласа илнине парахăçламастпăр кăна мар — эпир обществăна çĕнетни урлă социализм стройĕн гуманистла тупăсăмне уçса пама тăрăшатпăр. Гуманистла, демократилле общество патне — экономика вăйлăн аталанакан, наукăпа культура çӳллĕ шайра тăракан, çыннăн пурнăç условийĕсем лайăх общество патне çитме тăрăшатпăр.

Чăннипе илсен, çĕнетӳвĕн [illegible] ка пулать те. Эпир çĕмме тăрăшакан обществăра этем прависене çирĕппĕн те шанчăклăн хӳтĕлемелле, эпĕ каларăм ĕнтĕ, лайăх пурăнмашкăн мĕнпур условисем туса памалла.

Çак пилĕкçуллăхăн иртнĕ тăватă çулталăкĕ пысăк вăй хурса ĕçленипе паллă пулчĕ, государство тата çĕршыв шăпине çывăх вăхăтлăха кăна мар, малашнехи вунăшар çул валли палăртса хумалли майсене шыранă, йывăр, питĕ кирлĕ решенисем йышăннă. Вĕсем обществăн экономика, политика, социаллă пурнăç тата ăс-хакăл сферисенче малтанхи улшăнусем тунипе палăрса тăраççĕ. Яланхи пекех, пĕрремĕш утăмсем — чи йывăррисем. Вĕсем нумай шухăшлаттарчĕç, хумхантарчĕç, тĕрĕссипех хумхантарчĕç, мĕншĕн тесен сăмах пирĕн хальхи тата ыранхи кунçул пирки пырать-çке.

Эпир паян çапла çирĕплетсе калама пултаратпăр: çĕнетӳве пула çĕршывра демократипе уççăнлăх лару-тăрăвĕ çирĕпленет. Рабочи класс, хресченсен, интеллигенци сасси уççăнрах та вăйлăнрах илтĕнет. Эпĕ вара эсир çакăн çинчен — демократи çинчен, уççăнлăх çинчен, хăварăн тивĕç çинчен, çак процессем мĕнле пыни çинчен тухса калатăр пулĕ тесе шутлатăп. Сирĕн мĕн каламалли пур тесе шутлатăп, эпир вара çак информаци партин Центральнăй Комитетне çиттĕр тесе тăрăшатпăр.

Ку вăл ансат процесс мар, анчах, юлташсем, вăл пире кирлĕ. Эпир ăна, пирĕн обществăна демократизацилемелли процеса, хӳтĕлеме тивĕçлĕ. Ăна чарса лартма тăрăшакансенчен те, çавăн пекех унпа ырă мар тĕллевсемпе усă курма тăрăшакансенчен те хӳтĕлеме тивĕçлĕ. Вăл та, ку та тĕл пулать-ха.

Эпир экономикăри тарăн улшăнусен çулĕ çине тăтăмăр — çакă вара харпăрлăх хутшăнăвĕсене, хуçалăх ĕçĕпе управлени формисене пырса тивре. Çыннăн производствăри вырăнĕ палăрмаллах улшăнать, çакă вара — пурнăç никĕсĕ шутланакан сфера. Пирĕн общество мĕнле пуласси, тĕпрен илсен, эпир малалла мĕнле кайса пынинчен, экономика мĕнле улшăнса пынинчен килет. Çакă вăл эпир обществăн базисĕ тесе шутлама хăнăхни пулать те.

Çĕнетӳ халăх хуçалăхĕн мĕнпур отраслĕсенче социаллă пурнăçпа экономикăра тарăн улшăнусем тумалли çул уçса пачĕ. Хуçалăх ĕçĕпе управленин çĕнĕ формисем, ĕçшĕн хавхалантармалли çĕнĕ система урлă эпир ĕçлекен çынсен интересĕсене наука-техника прогресĕн çитĕнĕвĕсемпе çыхăнтарма, çапла вара ĕç тухăçлăхĕн çĕнĕ шайĕ патне çитме тăрăшатпăр. Çĕнетӳ пуçланас умĕн ĕç тухăçлăхĕ питĕ сахал, аран

государстви туса хурас çул çинчи пĕрремĕш утăмсене ĕçе кĕртме право никĕсне туса хураççĕ.

Республикăсенчи тата вырăнсенчи Советсен суйлавĕ çывхарать, вăл политика реформи малалла тарăнланса пынине кăтартса парĕ тата çынсене государствăна тытса пырас ĕçе чăннипех хутшăнтармалли çĕнĕ майсем уçăлĕç. Пирĕн çакна пĕлес килет: эпир питĕ пысăк вырăна хуракан процеса эсир мĕнле хăлатăр. Советсен [illegible] нех улăштарас ĕçе вĕсен çĕнĕ функцийĕсем урлă та, унта камсене суйлани урлă та пурнăçа кĕртме пулать. Унта, Советсенче, татăклă вăй кам пулĕ?

Çак пĕтĕм ĕç мĕнле пырать? Эсир вырăнсенчен тин кăна тухса килнĕ, пурте сирĕн куç умĕнче вăй илсе пынă. Тӳрех калатăп, хумханатпăр та эпир. Вăл халлĕхе ăпăланса çитмест-ха. Ку вăл иртнĕ суйлав кампанийĕ пынă чухнех, эпир сирĕнпе СССР халăх депутачĕсене кандидата тăратнă тата суйлана чухнех пуçланнă. Хальхи тапхăрта та эпир çак процесри çитменлĕхсенчен хăтăлса çитеймен-ха.

Шăпах кăçал, юлташсем, çитес суйлава, союз тата республика органĕсен компетенцине пĕчĕклетнине, вырăнти самоуправлени çинчен калакан закон йышăннине шута илсен, влаçа Советсен аллине парассине чылай енчен татса параççĕ. Шăпах çак тĕллевпе эпир хальхи тапхăртах ĕнтĕ çĕршывăн мĕнпур регионĕсенче Советсене чи вăйлă кадрсемпе çирĕплетес енĕпе тивĕçлĕ майсем туса патăмăр. Хăшпĕрисем çакна урăхла ăнланма хăтланаççĕ пулин те, эпир шăпах çакăнпа, йывăрлăхсем пулсан та, çав работниксен ĕçукçи ыйтăвне татса патăмăр, мĕншĕн тесен вăл, производствăра ĕçлекенсемпе танлаштарсан, пĕр хут çурă, икĕ хут таранах пĕчĕк пулнă. Чи активлă, тивĕçлĕ пĕлӳ илнĕ, ĕçе лайăх пĕлекен çынсем шăпах çавăнтан килессĕ вĕт-ха. Ниçта та кирлĕ пулман çынсем мар, шăпах çавăн пеккисем ĕçлеме тивĕçлĕ те Советсенче.

Çĕнетӳ ăс-хакăл сферинче те пурнăçа урăхлатмалли вăйлă процессене хускатрĕ. Пурнăçăн ытти енĕсенчи пекех, кунта та вĕсем пĕр еврĕллĕ мар, эпĕ çапла та калăттăм, вĕсем хире-хирĕçлĕ те. Çакă вăл сахал мар шухăшлаттарать. Апла пулин те, кунта та тĕп туртăм уççăнрах палăрать. Вăл — обществăна ăс-хакăл тĕлĕшĕнчен çĕнĕ вăй парасси, пĕтĕм этемлĕхĕн социализмла пуянлăхĕн никĕсĕ çинче правственносăн çĕнĕ лару-тăрăвне йĕркелесси. Кунта вара япалана хăй ячĕпе каламашкăн именсе тăмалла мар.

Чăннипе илсен, çĕнетӳ пынă май пурнăçри çĕнĕ формăсем çирĕпленсе-йĕркеленсе çитессĕ, весем, эпир шутлана тăрăх, çĕнелнĕ общество сăн-сăпатне кăтартса парĕç. Халĕ, социаллă пурнăçпа экономикăра пысăк йывăрлăхсем пур чухне, тен, эпир улшăнусен пĕрремĕш чăн-чăн результачĕсене яланах асăрхаса илейместпĕр те пулĕ. Çапах та пур вĕсем. Пурте арканса пырать тесе çухалса каяс мар тесен, вĕсене курма пĕлни кирлĕ. Кивви арканать вĕт-ха. Пи-

палла çул-йĕр суйласа илни, ресурссем тупни, пурнăç питех те тĕплĕн шухăшласа пăхни кирлĕ, ун хыççăн кăна палăртнă плана пурнăçа кĕртме тытăнмалла. Халĕ вара Союз экономики — социаллă пурнăçпа экономикăн çав питех те пысăк организмĕ пирки шухăшласа пăхар-ха, — кунта питĕ пысăк вăй хуни тата вăхăт кăна мар, питĕ пысăк ответлăх та кирлĕ.

Апла пулин те, структура улшăнăвĕсем пуçланчĕç. Вĕсем халăха кирлĕ таварсем тата пулăшу ĕçĕсем паракан [illegible] отраслĕсен, пуринчен малтан, çăмăл промышленноçпа апат-çимĕç промышленноçне, аграрлă комплекса усă кӳреççĕ. Анчах халлĕхе кунта ĕçсем мĕнле пулса пыни, вĕсен шайĕ, урăхла каласан, ĕçсем улшăнса пыни çырлахтарать теме çук-ха.

Çак задачăсене татса пама халĕ машиностроенин, оборона секторне, пирĕн наукăна хутшăнтараççĕ. Таварсемпе пулăшу ĕçĕсем нумайрах туса паракан предприятисене экономика тĕлĕшĕнчен хавхалантарасси утăм хыççăн утăм вăйланать. Халĕ, юлташсем, наци тупăшĕнчи ресурссене производствăпа çыхăнман строительство валли уйăрса паракан тӳпе 83 процента çитрĕ. Ку пилĕкçуллăх умĕн çак цифра 80 патнелле шутланнă.

Пилĕкçуллăхăн иртнĕ çулĕсенче пурăнмалли çурт-йĕр, культурăпа йăла объекчĕсем туса лартма укçа-тенкĕ ытларах уйăрса панă. Çав ĕçсен калăпăшĕ пĕрре виççĕмĕш пайĕ чухлĕ ытла ӳснĕ. Çакă мĕне пĕлтерет-ха, юлташсем? Пиренпе сире, пирĕн пурнăçа çакă мĕн панă?

Çурт-йĕр строительствин çулталăкри вăтам калăпăшĕ 16 процент чухлĕ ӳснĕ, тăватă çул хушшинче заданипе палăртнинчен 11,3 миллион тăваткал метр ытларах çурт-йĕр туса лартнă. Çакă вăл тата тепĕр 200 пин çемье хваттер. Тăватă çул хушшинче шкул, поликлиника, клуб унччен пилĕк çулхинчен ытларах хута янă, урăхла каласан, эпир тăватă çул хушшинче пĕр çулталăк перекетлесе хăвартăмăр пек пулать. Ялта пурăнмалли çурт-йĕр туса лартасси çулталăкра вăтамран 19 процент чухлĕ, шкулсемпе шкул çулне çитмен ачасен учрежденийĕсем, клубсемпе культура çуртĕсем хута ярасси — 26 — 59 процент, поликлиникăсем тăвасси икĕ хут ӳснĕ.

Халĕ коллективлă сад-пахчара участок илнĕ çемьесен хисепĕ икĕ хута яхăн ӳснĕ! Кунта вара, калас пулать, чăн-чăн çĕклену. Çак çулсенче халăха строительство материалĕсем сутасси икĕ хута яхăн ӳснĕ. Паллах, эсир цемент та, кирпĕч те, уйрамах йывăçпа çыхăннă мĕнпур материалсене туянма унченхи пекех йывăр тесе калама пултаратăр.

Çак улшăнусене палăртнипе пĕрлех çав материалсене малашне те мĕнле майпа ытларах туса кăларасси, çак пысăк пĕлтерĕшлĕ çул-йĕре тытса пырасси çинчен те шухăшламалла. Вĕсем пурте çынсен кулленхи пурнăçĕпе çыхăннă. Нумай çулсем хыççăн пĕрремĕш хут халăх валли таварсем хатĕрлесси производство хатĕрĕсем кăларакан промышленноçăн ӳсĕмĕнчен иртсе кайма тытăнчĕ. Çакă пирĕн эко-

тарткай телевизорсем 1,7 хут, магнитофонсем — 30 процент чухлĕ. Çăмăл автомобильсем те, холодильниксем те, ытти те нумайрах. Çак цифрăсене «натурăпа» ахальтен илсе кăтартмастăп, мĕншĕн тесен урăхла шухăшлакансем те — (кунта пирĕн экономистсем канашламасăр пулман): эсир ӳсĕме процентпа, унтан та ытларах — укçа-тенкĕ урлă илсе кăтартатăр, кунта пĕтĕм ӳсĕм хаксем хăпарнинчен килет, текенсем те пур. Çавăнпа та эпĕ çак «натура» кăтартăвĕсене илсе кăтартатăп, мĕншĕн тесен вĕсем хăйсем çинчен хăйсемех калаççĕ. Тата апат-çимĕç таварĕсене пырса тивекен кăтартусене — натура кăтартăвĕсене! — илсе кăтартасшăн.

1985 çулта государство ресурсĕсен чĕрт таварĕнчен 9,6 миллион тонна аш-какай хатĕрленĕ. 1989 çулта 11,4 миллион тонна аш-какай хатĕрленĕ, çакă 1,8 миллион тонна чухлĕ ытларах. Ку вăл выльăх-чĕрлĕх ӳстерни мар, аш-какай туса илни. Выльăх-чĕрлĕх çавĕ 1,5 миллион тонна туса илнĕ, иртнĕ çул вара — 1 миллион та 700 пин тонна. Сĕт продукцийĕ — 29,5 тата 33,8 миллион тонна. Сахăр кăшманĕнчен 7,6 тата 8,8 миллион тонна сахăр хатĕрленĕ. Çакă пĕтĕмпех халăх йышĕ ӳснĕ хыççăн та кашни çынна тивекен продукци калăпăшне кăштах ӳстерме май панă. Çăмăл промышленность туса кăларакан нумай йышши продукци пирки те çакнах каламалла.

Çапла вара сирĕн халĕ ыйту пур пулĕ-ха? Пĕлетĕп: эсир шăпах çавăншăн килнĕ. Эпир те хамăртан çапла ыйтатпăр, çакăн пек лару-тăрăва ăнланма тăрăшатпăр: обществăри социаллă пурнăçпа экономикăри çивĕчлĕх мĕнпе çыхăннă-ха? Айтăрха çак канашлура мĕнпур механизмсене уçса парасси тата малашне мĕн тумалли çул-йĕре пĕрле палăртасси çине тимлĕ пăхар.

Çапла вара çакăн пек ыйту тухса тăрать — мĕншĕн-ха çак «натура» магазинсен сентрисем çинче курăнмасть? Пире пурне те хумхантаракан пĕтĕмĕшле ыйту çакă пулать те ĕнтĕ. Мĕншĕн-ха дефицит чакса пырать кăна мар, татах ӳсет? Мĕншĕн-ха йĕркеллĕ суту-илӳ вырăнне талонсем, учрежденисемпе предприятисен заказĕсем тăрăх суту-илӳ тăвасси практикăна кĕрсе пырать?

Эпир халĕ çак лару-тăрăва тишкерес енĕпе ĕçлетпĕр те. Çапла, объективлă сăлтавсенчен килекен йывăрлăхсем пур, вĕсем тавар туса кăлармалли пирĕн майсене чакарчĕç. Таварсем эпир халĕ туса кăларнинчен те ытларах кирлĕ, производствăна ӳстерсе пымалла. Нефть хакĕ улшăннипе, çутçанталăк инкекĕсемпе çыхăннă сухатусем те, ытти те пур. Анчах ĕç çакăнтан çеç килмест. Таварсем туса кăларакан тата пулăшу ĕçĕсем паракан промышленность ĕçĕ пире, паллах, тивĕçтермест. Ку вăл — чи пысăк пĕлтерĕшли. Аграрлă секторти результатсем те тивĕçтермеççĕ. Ку ыйту тăрăх паян та, ыран та калаçу пулса иртĕ тесе шутлатăп. Халĕ пурин те, пур çĕрте те, пĕр тăхтаса тăмасăр мĕн туса ирттермеллине уççăн палăртни пысăк пĕлтерĕшлĕ. Апат-çимĕçпе ти-

(Вĕçĕ 2-мĕш страницăра).

Унерчăксем сăнне: конференци вăхăтĕнче. Ю. Дмитриев фотоӳкерчĕкĕсем.

# ВЛКСМ область организацийĕн XXXVIII конференцийĕ

Январĕн 19-мĕшĕнче Шупашкарта, КПСС обкомĕн Политвĕренӳ çуртĕн Пысăк залĕнче, ВЛКСМ Чăваш область организацийĕн XXXVIII конференцийĕ уçăлнă.

Çакăн пек кун йĕрки çирĕплетнĕ:

1. ВЛКСМ область комитечĕ 1987 çулхи январьтен пуçласа 1990 çулхи январьччен туса ирттернĕ ĕç çинчен отчет тата комсомолăн область организацийĕн ĕçне çĕнетсе лайăхлатас тĕлĕшпе тăракан задачăсем.
2. Комсомолăн область организацийĕн ревизи комиссийĕн отчечĕ.
3. Вĕренекен çамрăксемпе тата пионерсемпе еплерех ĕçлесси çинчен.
4. Комсомолăн область организацийĕнчи финанспа экономика ĕçĕсене лайăхлатмалли мерăсем çинчен.
5. ВЛКСМ Уставне улшăнусем кĕртес тата комсомол программине туса хатĕрлес тĕлĕшпе панă сĕнӳсем çинчен.
6. РСФСР комсомолне туса хурас тĕлĕшпе комсомолăн область коннференцийĕн позицийĕ çинчен.
7. ВЛКСМ обкомĕн пĕрремĕш секретарьне суйласси.
8. ВЛКСМ обкомĕн çĕнĕ составне суйласси.
9. ВЛКСМ область организацийĕн ревизи комиссине суйласси.
10. ВЛКСМ Чăваш область организацийĕнчен ВЛКСМ XXI съездне кайма делегатсем суйласси.
11. ВЛКСМ Чăваш область организацийĕнчен РСФСРти комсомол организацийĕсен съездне делегатсем суйласси.
12. ВЛКСМ Центральнăй Комитечĕн составне суйлама кандидатсем сĕнесси.

«Молодой коммунист» хаçатра маларах комсомолăн область комитечĕн конференцире туса памалли отчетлă доклачĕ пичетленсе тухнă май конференцире доклад туман.

ВЛКСМ обкомĕн пĕрремĕш секретарĕ В. А. Петров кун йĕркинчи малтанхи 3—6-мĕш ыйтусемпе пĕрлештерĕнĕ доклад туса панă.

Конференцире комсомолăн область организацийĕн ревизи комиссийĕн председателĕ С. В. Котов доклад туса панă.

Унтан конференцие пухăннисем тĕрлĕ ушкăнсене пайланса дискусси центрĕсенче ĕçленĕ.

Пĕрлехи ларури пренире дискусси центрĕсен представителĕсем — Шупашкарти агрегат заводĕнчи ВЛКСМ секретарĕн заместителĕ Ю. А Иванов, релестроенин Пĕтĕм Союзри наука-техника институчĕн инженерĕ О. Ю. Петров, ВЛКСМ Çĕнĕ Шупашкар хула комитечĕн пĕрремĕш секретарĕ И. М. Воропаев, Шупашкарти Çамрăксен пурăнмалли çурт-йĕр комплексĕн организациллĕ комитечĕн председателĕ В. О. Федоров, ВЛКСМ обкомĕн пай заведующийĕ В. И. Нягин, Улатăр районĕнчи «Заря» колхоз арендаторĕ Н. Д. Князева, Шупашкарти ВЛКСМ Ленин райкомĕн пĕрремĕш секретарĕ А. Й. Волков, Чăваш государство педагогика институтĕнчи ВЛКСМ комитечĕн секретарĕ Е. И. Крупина тата ытти делегатсем тухса каласнă.

Конференцире КПСС обкомĕн пĕрремĕш секретарĕ А. П. Петров тухса каласнă.

Конференци пăхса тухнă ыйтусемпе тивĕçлĕ постановленисем йышăннă.

Конференци ВЛКСМ обкомĕн тата комсомолăн область организацийĕн ревизи комиссийĕн çĕнĕ составĕсене, çавăн пекех ВЛКСМ XXI съездне тата РСФСРти комсомол организацийĕсен съездне кайма делегатсем суйланă, ВЛКСМ Центральнăй Комитечĕн составне суйлама кандидатсем сĕннĕ.

Конференци ĕçне Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн Президиумĕн председателĕ А. М. Леонтьев, республика Министрсен Совечĕн председателĕ Н. А. Зайцев, КПСС обкомĕн бюро членĕсемпе бюро членĕн кандидачĕсем, çавăн пекех ВЛКСМ Центральнăй Комитечĕн ответ — организаторĕ К. Л. Рыбаков хутшăннă.

# КАНДИДАТСЕНЕ РЕГИСТРАЦИЛЕНĔ

Чăваш АССР халăх депутачĕсене суйлас тĕлĕшпе ĕçлекен тивĕçлĕ округри суйлав комиссийĕсем çак кандидатсене регистрациленĕ:

**ШУПАШКАР ХУЛИНЧИ КАЛИНИН РАЙОНĔ ТАРАХ**

**36-мĕш Çĕнĕ суйлав округĕ**

**Макарова** Людмила Ивановна, 1954 çулта çуралнă, Хĕрлĕ Хĕрес обществин Калинин район комитечĕн председателĕ, партире тăмасть, Шупашкар хулинче пурăнать:

**Мингазов** Ханиф Хайдарович, 1942 çулта çуралнă, «Шупашкарти промышленность тракторĕсен заводĕ» производство пĕрлешĕвĕн генеральнăй директорĕ, КПСС членĕ, Шупашкар хулинче пурăнать.

**ШУПАШКАР ХУЛИНЧИ МУСКАВ РАЙОНĔ ТАРАХ**

**48-мĕш Гузовский суйлав округĕ**

**Константинов** Игорь Геннадьевич, 1950 çулта çуралнă, Шупашкарти приборсем тăвакан заводри цех начальникĕ, КПСС членĕ, Шупашкар хулинче пурăнать:

**Слесарев** Валерий Леонидович, 1943 çулта çуралнă, республикăри юн илмелли станцин главнăй врачĕ, КПСС членĕ, Шупашкар хулинче пурăнать.

# ĔÇÇЫННИСЕМПЕ ТĔЛ ПУЛНĂ

Январĕн 18-мĕшĕнче республикăра пĕрлехи политкун ирттернĕ. Парти, совет, профсоюз, комсомол органĕсем ертсе пыракан работниксем, хуçалăх руководителĕсем, парти обкомĕн штатра тăман докладчикĕсемпе лекторĕсем, идеологи активĕ ĕççыннисене совет государствин халăхсем хушшинчи политикин пĕлтĕрхи итогĕсемпе, М. С. Горбачевăн «Социализм идейи тата революциллĕ çĕнетӳ» статйин положенийĕсемпе паллаштарнă, суйлав умĕнхи кампани мĕнле пыни, Чăваш АССРĕн 1989 çулхи государство планне мĕнле пурнăçлании итогĕсем, экономикăпа социаллă пурнăç аталанăвĕн результачĕсем, кăçалхи задачăсем çинчен каласа панă.

КПСС обкомĕн пĕрремĕш секретарĕ А. П. Петров «Шупашкарти электроаппаратура завочĕ» производство пĕрлешĕвĕн иккĕмĕш сборка цехĕн коллективĕпе тĕл пулнă, кунтах ĕççыннисене хăйсен ыйтăвĕсемпе йышăннă.

# ТӲРĔ КĂМĂЛПА ĔÇЛЕСЕ ПУРĂНМАЛЛА

(Вĕçĕ. Пуçламăшĕ 1-мĕш страницăра).

...вĕçтерес ĕçре лару-тăру çакăн пек пулни уйрăмах пысăк пĕлтерĕшлĕ: Россия Федерацийĕнчи 32 облаçра çак çулсенче лару-тăру пăлăрмаллах улшăннă, выльăх-чĕрлĕх ĕрчетекен отрасльсене ăнăçлă аталантарса пынипе унччен йывăр лару-тăру пулнă облаçсенче халĕ рынок лайăхланнă. Хура тăпраллă зонăна илер-ха — сине тăрса ĕçленипе кунта апат-симĕç парса тăрассине лайăхлатнă. Юлташсĕм çакна çирĕплетсе параççĕ пулĕ тетĕп. Эппин илер-ха Рязаньпе хура тăпраллă Тамбов тăрăхне: унта ку тĕлĕшпе ÿпкелешÿ питĕ нумай пулнă. Халĕ вара мĕнпур майсемпе усă кураççĕ: колхозсемпе совхозсĕм çеç мар, килти хуçалăхсем те, коопераци суту-илĕвĕ те. Потребительсен рынокĕнчи хальхи лару-тăру çинчен калас пулсан, ăна юлашки икĕ çул хушшинче таварсем туса кăларнин ÿсĕмĕ пĕчĕк пулнипе пĕрлех укса-тенкĕ тупăшĕ питĕ хăвăрт ÿссĕ кайнипе ытларах ăнлантарса пама пулать. Тĕп сăлтавĕ акă мĕнре. Пăхăр-ха, мĕн пулса иртет. 1989 çул. Ĕç укçи фончĕн ÿсĕмĕ наци тупăшĕн ÿсĕмĕнчен — 5.4 хут, тавар сутассин тата тÿлевлĕ пулăшу ĕçĕсем парассин ÿсĕмĕнчен 1.4 хут хăвăртрах ÿссе пынă! Çак вăхăтрах таварсем туса кăларасси нихçанхинчен ытларах — 10 процент чухлĕ, пулăшу ĕçĕсем тата нумайрах ÿссе пынă. Кун пекки тахçанах пулман. Çапах та çак икĕ кăтарту хушшинчи уйрăмлăх пысăк, вăл татах та ÿссе пырать, чакмасть. Эпир çакăн пек ыйту — апла пулсан, ĕç укçи ÿсĕмне чарса лартмалла текен ыйту кăларса тăратма пултаратпăр-и? Тытса чарма, хупласа лартма? Ыйтăва çакăн пек лартни сĕнетÿ позицине, социализмла социаллă пурнăç политикин позицине тивĕçтермест пулĕ тесе шутлатăп. Пире тивĕçтерекенни тата çирĕппĕн пурнăçа кĕртсе пымалли вăл — укçа-тенке чăн-чăн результатсемпĕн тÿлесси. Юлашкинчен пулакан продукцишĕн. Енчен те таварсем туса кăларасси тата пулăшу ĕçĕсем парасси ĕç укçинчен ытларах хăвăртлăхпа ÿссе пыраççĕ пулсан, эпир юлашкинчен пулакан продукцишĕн тÿлеместпĕр. Çапла вара предприятисен хăйтĕллĕнлĕхĕ тата фондсемпе хăйсем пĕлнĕ пек усă курни укçа-тенке чи малтанах ĕç укçи фондне куçарасси патне илсе пырать пулмалла. Эпĕ кунта эсир çакăн çине мĕнле пăхни, ăна мĕнле хак пани пирки хăвăрăн шухăшăра палăртма çеç хам мĕн шутланине пĕлтеретĕп.

1989 çулта укçа-тенкĕ тупăшĕ 13 процент чухлĕ ÿснĕ. Потребительсен рынокĕнчи лару-тăрăва лайăхлатас, финанс ĕçĕсене йĕркене кĕртес тата пирĕн пĕтĕм экономикăна сывлатас тĕлĕшпе [illegible]

...пекех. Ресурссем çавăн чухлĕх пулин те, арендаторсен продукци туса илессин ÿсĕмĕпе ĕç тухăçлăхĕн хăвăртлăхĕ 1,5 хут пысăкрах. Анчах аренда коллективĕсем сахал. Ĕç арендăра çеç те мар. Ытти формăсем те пур: подряд формисем, тулли хуçалăх расчечĕпе ĕçлемелли формăсем, уйрăм çынна тата коллектива вăйлăн хавхалантармалли формăсем пур. Результатсем кунта та çавăн пекех. Çапла ĕнтĕ пирĕн опыт ĕçе мĕнле йĕркелесе пымаллине, реформăна хăш енчелле аталантармаллине кăтартса парать. Хуçалăха тытса пымалли çĕнĕ формăсене, çынна ответлăха туйма хавхалантаракан, унăн пĕлтерĕшне ÿстерекен çĕнĕ системăсене ĕçе кĕртмелле. Анчах хуçалăха тытса пымалли çĕнĕ формăсемпе ĕçлекенсем промышленносра та, аграрлă секторта та халлĕхе питĕ сахал-ха.

Сирĕн шутпа, хуçалăха тытса пымалли çĕнĕ формăсем çине хăвăртрах куçмашкăн мĕн тумалла? Эсир çакăн пирки те каласасса шанатăп эпир. Экономикăра тарăн реформа иртермелли, пуçарулăха аталантармалли çул çинче мĕнпур чăрмавсене пĕтермешкĕн мĕн тăвас пирки калаçласа пăхăр-ха. Хуçалăх расчечĕн принципĕсене пĕтĕмĕшпех ĕçе кĕртсе ситереймен хальхи тапхăртах ĕнтĕ эпир хуçасăрлăха, путлăха юхăнтарнине, ĕç дисциплинипе государство дисциплинине пăснине пула тÿсекен тăнаксене чылай чакармашкăн йышăнмалли мерăсем пирки пĕр-пĕрин шухăшĕпе паллашасшăн.

Пĕтĕмлетсе каласан, пирĕн умра йĕркелĕхе экономикăра çеç мар, пирĕн пĕтĕм обществăра, çĕршывра чылай лайăхлатас задача тăрать. Ку ыйту пире хытă шухăшлаттарать. Çынсем тÿрех çапла калаççĕ: сĕнетÿре пăтрашăнасси тата йĕркене пăсасси ÿссе пымалла-и? Е эпир темĕнле йăнăш тăватпăр-и, çавна пула общество пурнăçне йывăрлататпăр-и тата пире пурсăмăра та кирлĕ политика пирки çынсене иккĕлентеретпĕр-и? Çакна пĕлетпĕр-и эпир, ăнланса илнĕ-и эпир çакна? Шансах тăратăп, çак кунсенче эпир ĕç коллективĕсенче, облаçсемпе республикăсенче мĕн тума кирли çинчен, центр мĕн тумалли çинчен калаçăпăр. Центртисем: вырăнсенче начар ĕçлесçĕ, теççĕ пулсан, ман шутпа, юлташсем, тĕрĕс мар сакă. Вырăнсенче: «Центр мĕн шутлать-ши, правительство ăçта?» — теççĕ пулсан, сакă та тĕрĕс мар. Конкретлă хулана тата районна правительство членĕсем, председатель пырса йĕрке туса парасса кĕтсе лараççĕ, çавăн чухне тин хулана тирпей-илем кĕртеççĕ, хула транспортне ĕçлеттереççĕ пулсан, пĕтĕм ĕçе вĕсен йĕркелеме тивет пулсан, реформа, харпăр хăй тĕллĕн ĕçлессипе самоуправлени çинчен мĕнле сăмах пулма пултартăр?

Эпир кирек мĕнле ыйтупа [illegible]

...кашни единици пуçне энергите, пурлăх ресурсĕсем те — 25 процент нумайрах, цемент вара, ман шутпа, икĕ хут нумайрах пĕтеретпĕр. Акă ăçта пирĕн ресурссем. Атьăр-ха, технологи, йĕркелĕх, хуçалăха тытса пырасси, тирпейлĕ пулас пирки шухăшлар. Пире çĕршывăн вĕсĕ-хĕррисĕр анлăшĕ, пирĕн пуянлăхсем пăсса çитерчĕç. Эпир çакăнтан ниепле те хăтăлма пултараймастпăр вĕт. Пирĕн пĕтĕм экономикăшăн, пирĕн пĕтĕм ĕçшĕн сиенлĕ сакă. Çавăнпа та, пурте ресурссемпе мĕнле усă курнă тăрăх пуранччăр тесе, кашни предприятире хăвăртрах тулли хуçалăх расчечĕ туса хумалла: ресурссемпе лайăх усă кураççĕ пулсан, усси те пысăк пулать, начар усă курсан — «сунса каяççĕ», панкрута тухасси патнех ситессĕ. Çакă пурне те шухăшлаттарма кирлĕ. Ĕç çине урĕхла пăхма тытăнмалла.

Тата çакна каласшăн: экономика реформин çулĕ çине тăнă май, харпăрлăх хутшăнăвĕсене çĕнĕлле йĕркелеме тытăннă май, хуçалăха тытса пымалли çĕнĕ формăсем шыранă май эпир çĕнетÿ пуçламăшĕнче тĕпе хунă ыйтусем çине — наукăпа техника прогресĕ çине, çĕнĕ технологисем ĕçе кĕртесси çине хăшпĕр енчен илсен кирлĕ пек пăхма пăрахнă. Çак ыйтусем çине кирлĕ пек пăхмасăр ĕç малалла каяс çук пирĕн. Эпĕ калани — пĕрлĕхлĕ процесăн икĕ енĕ. Вĕсене пирĕн асрах тытмалла.

Пĕтĕмлетсе каласан, юлташсем, халĕ ĕç çине питĕ тимлĕ пăхма тăрăшмалла. Пур çĕрте те пысăк ăс кирлĕ, ĕçе лайăхрах, эффективлăрах йĕркелеме тăрăшмалла. Пирĕн халĕ нихçанхинчен ытларах пĕрле вăй хурса кĕрешмелле. Хирĕçÿсем мар, обществăна пĕтĕçтерни, кăсалхи ответлă çулталăкра тата памалли конкретлă задачăсене пурнăçламашкăн пĕтĕм вăй хуни кирлĕ.

Хамăн сăмахра эпĕ обществăн социаллă пурнăçĕнчи тата экономикăри лару-тăрупа çыхăннă ыйтусем çинче юрийех тĕплĕн чарăнса тăратăп. Çак ыйтусем пирĕн ĕçре тĕп вырăн йышăнаççĕ. Мĕншĕн тесен производствăри ĕçсем çынсен пурнăç условийĕсемпе, вĕсем хăйсене мĕнле туйнипе тата вĕсен шухăш-кăмăлĕпе тÿрремĕнех çыхăннă. Социаллă пурнăçпа экономикăри йывăр лару-тăрура та пирĕн çынсем çĕршывра мĕн пулса иртнипе ытларах та ытларах интересленеççĕ. Демократизаципе усçăнлăх процесĕсене вĕсем тĕплĕн ăнланасшăн. Усăлли мĕн пур кунта, социализмшĕн питĕ кирлĕ процесра юрăхсăрри мĕн пур, çĕнетнĕ Советсен пĕлтерĕшĕ мĕнле пулмалла, вĕсен ĕçне ĕçсынисем мĕнле хутшăнмалла, çĕршывра политика тĕлĕшĕнчен тарăн улшăнусем пулса иртнĕ условисенче КПССăн мĕнле пулмалла? Совет федерацийĕн пурнăçне çĕнетме мĕн тумалла? Ку ыйтă- [illegible]

...лентĕр тесе, çак куçăм тапхăрне май килнĕ таран хĕсмелле, чакармалла.

Партин Центральнăй Комитечĕ, унăн Политбюровĕ, Верховнăй Советăн, Совет Правительствин ĕçне управление çирĕплетес ыйтусене мĕнле татса панине шута илсе хаклаççĕ. Эпир критиклесе асăрхаттарнисене те илтетпĕр. Асăрхаттарнисем çакăнта та, пирĕн тĕллулура та пулĕç. Общество малалла кайса пытăр, хăвăртрах малалла кайтăр, çĕнетÿ тутăр, тесе асăрхаттарса каланисем вĕсем — йĕркеллĕ процесс. Çакăнпа пĕрлех, юлташсем, пысăкран та пысăк ответлăх туйса тарăн тишкерсе тухмалли пысăк ыйтусем çинчен сăмах пырать. Эпĕ пĕр хут çеç мар каланă ĕнтĕ тата халĕ те сирĕн умра сакна каласшăн: партин Центральнăй Комитечĕ те, Верховнăй Совет та кирек мĕнле ыйтăва та, кирек мĕнле сĕнĕве те, уйрăмах вĕсем конструктивлă пĕлтерĕшлĕ пулсан, сÿтсе явма хатĕр.

Ман шутпа, çакăнпа пĕрлех пирĕн сăмаллттайла, васкавлă выводсемпе шухăшсене хирĕç татăклă отпор памалла. Пĕтĕмĕшпе илсен вĕсен тĕллевĕ — чăрмантарасси, лару-тăрăва пăсасси, обществăна хирĕçтерсе ярасси, çĕнĕ органсен ĕçне йывăрлатасси. Çакна та курмалла, асăрхамасăр хăвармалла мар.

Паллах, пуçлăхсене те критиклеме юрать. Çакă халĕ пуриншĕн та паллă. Йĕркеллĕ процесс пырать. Анчах демагогла мар, конструктивлă критиклемелле. Демагогла критиклени халлĕхе час-часах пулать-ха.

Тĕплĕн шухăшламалла. Хăшпĕрисем обществăна, ĕçсыннисене ыйтусене татса памалли ансат меслетсем сĕнеççĕ. Кашпировский сеансĕсенчи пекех: пĕрре, иккĕ — общество сывалчĕ те. Ку вăл — ирсĕрлĕх, политикăллă культура çитеĕнксĕр пулнипе, чи малтанах хальхи йывăрлăхсемпе усă курма хăтланни. Чăн та, пурнăç çав тери йывăрланса çитрĕ, пурте çитмест, çынсен вара çакнашкал лару-тăруран хăвăртрах хăтăлас килет. Камăн хăтăлас ан килтĕр-ха? Руководительсен-и? Енейсемĕр: вĕсем, тен, мĕн туни хăвăртрах усă патăрччĕ тесе пуринчен ытларах çунаççĕ пулĕ. Эпир пурсăмăр та пурнăç хăвăртрах лайăхлантăрччĕ, тетпĕр. Анчах ансат майсем çук çав. Пĕрре алă сулнипех, уйăх, çулталăк тăршшĕнчех мĕнпур йывăрлăхсене пĕтерме пулать, тесе шутласа пушă ĕмĕтсемпе йăпанса ларассинчен хăтăлмалла. Çук. Пĕрик çул хушшинче татса пама пултармалли тата татса пама кирлĕ ыйтусем те пур. Пур. Анчах обществăна тĕппĕн сĕнетесси вăл — тарăн процесс, ăна тĕплĕн пурнăçа кĕртсе пымалла.

Юлашки вăхăтра эпир сĕнĕ органсем çĕнĕ условисенче ĕçлес ыйтусем пирки шухăшлатпăр. Центральнăй Комитетра та шухăшлатпăр, ку ыйтусене депутатсен корпу- [illegible]

...тÿсекен халăха хăвăртрах пулăшас тĕллевпе çарсене вăйлатма хăшпĕр çынсене çара илме пуçланă. Тÿррипе каласан, халăх çакăнпа кăмăлсăр: Çурçĕр Кавказ — нумай нацилĕ регион вĕт.

Совет çыннисем çакăн пек требовани лартаççĕ: лару-тăру йывăрланса пынине чарса лартмашкăн мĕнпур мерăсем йышăнмалла. Ĕнер эпир çакăнта Азербайджанпа Армени делегачĕсем ыйтнипе вĕсемпе калаçрăмăр, тенĕ М. С. Горбачев. Вĕсем питĕ пăшăрханаççĕ, халĕ пурнăçа кĕртме тытăннă мерăсене ырлаççĕ, процесăн хăрушă аталанăвне чарса лартма ыйтаççĕ. Хăшпĕрисем наци туйăмĕсемпе усă курса хăйсен интересĕсене тивĕçтерме хăтланни вĕсене чунтан тарăхтарать. Ку тĕлĕшпе эпир икĕ республика делегачĕсемпе пĕр шухăшлă.

Экстремистсен, ответлăх туйман авантюристсен, вăрттăн экономикăра хуçаланакансен — икĕ халăха саратса пуранакансен ушкăнне сĕнетÿ кирлĕ мар, вăл вĕсене хытă тарăхтарать. Ĕç акă мĕнре. Анчах вĕсем ялав сĕклесе сĕнетĕве хирĕç пыма пултараймаççĕ. Çавăнпа та лару-тăру йывăр пулнипе усă кураççĕ, наци никĕсĕ синче хирĕçÿсем кăлараççĕ. Хальхи вăхăтра Азербайджанри экстремистла вăйсем, çынсен ăнланăвне пăтратса, вĕсене хăйсен ĕçĕсене хутшăнтарса, пуриншĕн те Армение мар. Мускава айăплама тытăнчĕç. Икĕ халăха пĕр-пĕрипе хирĕçтерсе ярас тесе Мускав мĕн тума пултарнине пĕтĕмпех тунă имĕш. Çапла ĕнтĕ сÿлерех асăннă çынсен нимĕнле совесть те, нимĕнле йĕркелĕх те çук.

Икĕ халăхăн сывă вăйĕсене пĕрлештерсе, пĕтĕм Союзăн çирĕп позицийĕ çине таянса, пурне те вырăна лартмалла. Унта Азербайджана Союзран уйăрмалли çул-йĕр тытса пыракан, ислам Азербайджанĕшĕн кĕрешекен вăйсем палăрма пуçларĕç. Анчах халăх çакна ырламасть. Çавăнпа та халăха хĕсеççĕ: çынсем ĕçлеме пыраççĕ пулсан — вĕсене ĕçлеттермеççĕ, транспорта кĕртмеççĕ, çемьесене хăратаççĕ.

Партин Центральнăй Комитечĕ, Верховнăй Совет Президиумĕ, Совет правительстви икĕ республика халăхĕсене чĕнсе каларĕç. Эпир пĕтĕм лару-тăрăва курса тăратпăр, ăна тĕрĕс хаклатпăр. Эпир çынсене пулăшас, çынсен пурнăçне экстремистсем тапăннинчен хÿтĕлес тĕллевпе тĕллĕпĕр. Лару-тăру малалла ан йывăрлантăр тесе мĕн кирлине пĕтĕмпех тăвăпăр. Экстремистсем темĕнле провокаци те тăваççĕ: хăшпĕр çĕрте водопроводсене сиенлĕтсе яраççĕ, халăха кирлĕ системăсене сиен кÿреççĕ. Пирĕн çакна пĕтĕмпех шута илсе ĕçлемелле.

Унтан канашлура çĕршывăн социаллă пурнăçĕпе экономикинчи, политикăллă пурнăçри сивĕч ыйтусем тĕлĕшпе пĕр-пĕрин шухăшĕпе ма- [illegible]

...илсен хăйсем ĕçре такăнтарса пыраççĕ, социаллă пурнăçра хирĕçÿсем пуçланмалли условисем туса пыраççĕ. Çĕнетÿ вăл — демократи. Анчах демократи вăл влаçа нимĕн вырăнне те хумалла маррине пĕлтермест. Халĕ мĕнле пулса тухать-ха? Демократишĕн кĕрешетпĕр тесе хĕçпăшаллă тытăçусем таранах хирĕçсе каяççĕ, юн юхтараççĕ, çĕршывшăн питĕ кирлĕ çулсене пÿлсе хураççĕ, вăрттăн экономикăра хуçаланакансем сĕмсĕррĕн иртĕхеççĕ.

Партие, халăха шанми пулчĕç, патриотизм пĕтрĕ, тесе шутлать «Гомсельмаш» производство пĕрлешĕвĕнчи **П. К. Ковалев** слесарь. Ĕçри тата обществăри дисциплина япăхрĕ, ĕçкĕпе иртĕхекенсем йышланчĕç, мафи, вăрттăн экономика вăйланса ситрĕç, преступлени тăвасси ÿссе пырать, çынсем профессиллĕ ăсталăха ÿстерме тăрăшмаççĕ, тÿрĕ кăмăлпа ĕçлесси авторитетлă мар.

Демагогсен, кармаçăварсен ушкăнĕсем хăйсен прависем пирки кăшкăрашаççĕ, хăйсен шухăшĕсене халăха вăйпах йышăнтараççĕ, социализм çĕнтерĕвĕсене нимĕн вырăнне те хумаççĕ. Йÿнĕ авторитет çĕнсе илсе «пирĕн вăхăтри геройсем» пулма тăрăшакансем сĕтел пуçне ларнипе çураçасшăн мар. Вĕсем сĕтел хушшинче варрине ларасшăн, чи пысăк кашăк ярса тытасшăн. Çав çынсем партипе халăх утса тухнă çула нимрен ытла хурлаççĕ.

Оратор экстремистсене хирĕç, коммунистсене, партипе совет работникĕсене, производствăра малта пыракансене пĕтерме чĕнсе калакансене хирĕç чи çирĕп мерăсем йышăнма кирлине палăртнă. Вăл рабочисене политикăллă пурнăçран уйăрма тăрăшнă пирки шикленнине палăртнă. Çакă вăл рабочисемпе хресченсем Польшăри «Солидарность» евĕр партирен уйрăм структурăсем туса хурасси патне илсе çитерме пултарать, тенĕ рабочи.

Оратор Чернобыльти аварри çинчен каланă, çавна пула тухса тăнă йывăрлăхсене пĕтересси пĕтĕм государство ĕçĕ пулнине палăртнă.

Çĕршыври хресченсем сĕнетĕве ырлаççĕ çеç мар, хăйсем те çĕнелсе пыраççĕ. Çапла каланă Хабаровск крайĕнчи «Хабаровский» совхозри **В. Г. Свечников** бригадир. Вăл хăйĕн хуçалăхĕнчи аренда çинчен тĕплĕн каласа панă. Оратор государствăна договор тăрăх продукци сутмалли дисциплинăна пăсакансем пирки пăшăрханнине палăртнă.

«Ворошиловградтепловоз» производство пĕрлешĕвĕнчи **А. Д. Драголюнцев** бригадир ĕç халăхĕн представителĕсемпе Кремльте тĕл пулни партин Центральнăй Комитечĕшĕн питĕ кирли çинчен каланă. Эпир çакăнта çĕршыв умне кăсалхи çул тухса тăнă уйрăмах сивĕч ыйтусене сÿтсе явма пухăнтăмăр, тенĕ вăл.

СССР Верховнăй Совечĕн [illegible]

...лайăх çирĕплетсе парать. Депутата суйлама тăратнă кандидатсенчен ытларахăшĕ — коммунистсем. Оратор шухăшĕпе, пĕтĕм КПСС авторитечĕ мар, унăн вырăнсенчи тата центрти управлени органĕсен авторитечĕ чакнă. Парти работникĕсенчен нумайăшĕ çĕнĕлле ĕçлеме пултараймасть.

**Н. Я. Ужва** сталевар «Запорожсталь» комбинат коллективĕн шухăшĕсем çинчен пĕлтернĕ. Вăл хаксем ÿссе пыни çинчен каланă. Таварсен пахалăхĕ лайăхланмасть. Хакĕсем вара пур çĕрте те тĕлĕнмелле ÿссе пыраççĕ, тенĕ оратор. Вăл хăйĕн сăмахĕсене тĕслĕхсемпе çирĕплетсе панă. Плансене хаксене ÿстернипе иртерсе тултараççĕ. Рабочи забастовкăсем пуçласран сыхланма чĕнсе каланă. Çĕршыва экономикăри йывăр кризисран хăтармашкăн правительствăна лăпкă лару-тăрура ĕçлеме май памалла, тенĕ вăл.

Магнитогорскри калибр заводĕнчи **Ю. И. Петров** волочильщик регионсенче хуçалăх расчетне вăйлатма, вĕсене экономикăна хăйсем пĕлнĕ пек тытса пымалли майсем туса пама кирлине палăртнă. КПСС XXVIII съездĕн материалĕсен проектне халех активлă сÿтсе явма тытăнмалла, тенĕ оратор. Делегатсене тÿрремĕнех суйламалла. Центральнăй Комитет туса хурас тĕлĕшпе вырăнсенче ĕçлемелле.

Таджикистанри алюмини заводĕнчи **А. Х. Курбанов** бригадир плансене ăнăçлă тултармашкăн производствăн мĕнпур сыпăкĕсенче рабочисем пĕтĕм вăя хурса ĕçлеме, çирĕп дисциплинăпа йĕрке туса хума кирлине палăртнă. Оратор экологи ыйтăвĕсем çинче чарăнса тăнă.

Мускав сывăхĕнчи «элита» çĕрулми туса илекен кооператив председателĕ **В. Н. Агатьев** «Заворово» совхоз опычĕ çинчен каласа панă. Совхозран висĕмсулхи апрельте государствăпа кооперации хуçалăхĕ туса хунă.

«Шахтерская Глубокая» шахтăри проходчиксен бригадин бригадирĕ **В. В. Комаров** канашлура Донбасри рабочисен ячĕпе сăмах каланă. Çĕнетÿ чи малтанах партин пуçламăш организацийĕсенче вăй илмелле, тенĕ вăл. Вăл рабочисен пурнăçĕ çинчен каласа панă. Хăйĕн сăмахĕнче шахтер хăрушă япаласем çинчен те пĕлтернĕ. Пире ютран çапла чĕнсе калакансем пур: влаçа сăмахпа мар, хĕçпăшалпа тытса илмелле. Анчах Донбасри ĕçсыннисем çакнашкал чĕнÿсене йышăнмаççĕ, тенĕ вăл.

Çĕнетÿ ÿсĕмĕсем куç умĕнчех, тенĕ Туркменин Чарджоу районĕнчи Чапаев ячĕпе хисепленекен колхоз бригадирĕ **Б. В. Мамедов**. Анчах çитĕнÿсемпе пĕрлех çĕнетÿ çулĕ çинчи чăрмавсене те курмалла, тенĕ вăл. Сăмахран, Вăтам Азири республикăсем хăйсем туса илекен пĕтĕм çĕрмамăкне госу- [illegible]

Липецк облаçĕнчи «Промстрой» трестăн строительство управленийĕнчи **С. Г. Горин** прораб шухăшĕпе, строительствăра çĕнетÿ пуçланман-ха.

Грузири В. И. Ленин ячĕпе хисепленекен колхоз председателĕ **И. И. Натрошвили** экономикăн çĕрĕç секторĕн эффективлăхне ÿстересси çинчен каланă. Унăн шухăшĕпе, ялхуçалăхĕнче ĕçе йĕркелемелли аренда меслечĕсемпе анлă усă курмалла. Кунта ялхуçалăх продукчĕсене государство сутăн илмелли хаксене улăштарни питĕ кирлĕ. Производство тупăшлăхне çак майпа çеç ÿстерме пулать. Ялта аренда юхăмне вăйлатмалли тĕпĕ условисем вăл — агропромышленность комплексĕн предприятийĕсене укса-тенкĕ тĕлĕшĕнчен вăйлатасси.

Якутире пулса тăнă лару-тăру çинчен Удачнери руда тасататакан комбинатăн виççĕмĕш автобазинчи **Г. Н. Иванов** водитель каласа панă. Кунта ылтăнпа алмаз тата ытти хаклă йышши минераллă чĕртавар кăлараççĕ. Анчах ĕç коллективĕсем хăйсен социаллă ыйтăвĕсене татса пама пултараймаççĕ. Пуянран та пуян регион чĕртавар парса тăракан кĕтес çеç пулса тăнă. Йывăрлăхран тухма руда тасатакан промышленноса малалла аталантармалла, чĕртавар хакĕсене ÿстермелле, тесе шутлать оратор.

Вильнюсри станоксем туса кăларакан «Жальгирис» заводри **В. И. Карольчук** слесарь канашлура тухса калакансен сăмахĕсенче сав ăнăçлă шухăш-кăмăл туйăмĕ пĕртте палăрманни çинчен каланă. Вăл Литвари лару-тăру питĕ йывăр пулнине палăртнă. Оратор унти процессем «нацизма çĕнĕрен вăйлатас» тĕллевпе аталанса пынине палăртать. Рабочи хăйĕн сăмахĕсене тĕслĕхсемпе çирĕплетсе панă. Массăллă информаци органĕсенче «националистла творчество интеллигенцийĕн представителĕсен ушкăнĕ» хуçаланать, урăхла шухăшлакансене хĕсĕрлессĕ. Литвари компартире сепаратизм юхăмĕ вăй илчĕ, тенĕ вăл. Оратор канашлăва пухăннисене Балтика тăрăхĕнчи республикăсене экономика енĕпе хĕсме шутлакансене татăклăнах сивлеме чĕнсе каланă. Республикăсене экономика енĕпе хĕсни чи малтанах ĕçсыннисен пурнăçне йывăрлатать, тенĕ вăл. Рабочи çĕршыв руководствине Балтика тăрăхĕнчи республикăсем экономикăна хăйсем тĕллĕн тытса пырас ыйтăва СССР Верховнăй Совечĕн иккĕмĕш сессийĕнче татса панă чухне калла чакнăшăн критиклерĕ.

Канашлура «Азербайджан» наукăпа производство пĕрлешĕвĕн генеральнăй директорĕ **Т. М. Алиев** тухса каланă. Эпĕ «интернационализм» сăмаха каласан, нумайăшĕ тĕлĕнме пултараççĕ. Анчах эпĕ çакна каласшăн: Баку хули иртнĕ вăхăтри [illegible]

...не чăн-чăн результатсемшĕн тӳлесси. Юлашкинчен пулакан продукцишĕн. Енчен те таварсем туса кăларасси тата пулăшу ĕçĕсем парасси ĕç укçинчен ытларах хăвăртлăхпа ӳссе пырассĕ пулсан, эпир юлашкинчен пулакан продукцишĕн тӳлеместпĕр. Çапла вара предприятисен хăйтĕллĕнлĕхĕ тата фондсемпе хăйсем пĕлнĕ пек усă курни укçа-тенке чи малтан [illegible] финанс куçарасси патне илсе пырать пулмалла. Эпĕ кунта эсир сакăн çине мĕнле пăхни, ăна мĕнле хак пани пирки хăвăрăн шухăшăра палăртма çеç хам мĕн шутланине пĕлтеретĕп.

1989 султа укçа-тенкĕ тупăшĕ 13 процент чухлĕ ӳснĕ. Потребительсен рынокĕнчи лару-тăрăва лайăхлатас, финанс ĕçĕсене йĕркене кĕртес тата пирĕн пĕтĕм экономикăна сыватас тĕлĕшпе пĕр тăхтамасăр йышăнмалли мерăсен программи акă мĕншĕн кирлĕ пулнă та ĕнтĕ. Ку вăл правительство туса хатĕрленĕ тата Халăх депутачĕсен иккĕмĕш съездĕнче пăхса тухса çирĕплетме тăратнă погрямма. Ăна мĕн тери сивĕччĕн сӳтсе явнине, шухăшсем мĕн тери тĕрлĕрен пулнине, ăна мĕнле хак панине эсир астăватăр. Темле пулсан та, программăна пăхса тухнă, хушăмсем кĕртнĕ, депутатсен шухăшĕсемпе пуянлатнă тата ырланă. Эсир ку ыйту тăрăх та тухса калаçасса, çак программăна пурнăса кĕртмешкĕн чи малтан мĕн тумалли çинчен хăвăрăн шухăшăра палăртасса шанса тăратăп.

Кăçал потребительсен рынокĕнчи лару-тăру мĕнле çул-йĕрпе аталанасси, социаллă пурнăçпа экономикăри пĕтĕм лару-тăру, пирĕн реформа малалла мĕнле аталанса пырасси çак çулталăк валли лартнă задачăсене мĕнле пурнăçланинчен, пирĕн ĕçсем мĕнле ăнса пынинчен нумай килĕ. Кăçал пирĕн харпăрлăх çинчен, çĕр, налогсем çинчен, предприяти синчен, самоуправлени синчен калакан пысăк пĕлтерĕшлĕ Законсене йышăнмалла. Çакă пĕтĕмпех экономика реформине малалла аталантармашкăн пысăк вăй памалла. Çавăнпа та ку тĕлĕшпе шухăшласа пăхма ыйтатăп.

Мĕнпур ĕç коллективĕсенчи, управленипе влаçăн мĕнпур органĕсенчи, центрти тата вырансенчи органĕсенчи пирĕн мĕнпур ĕç халăх пурнăçĕшĕн, çĕнетӳ шăпишĕн калама çук пысăк пĕлтерĕшлĕ пулса тăрать. Акă вăл — пирĕн кăçал пурнăçламалли ĕçсен хакĕ.

Экономика тата политика реформи уçса паракан майсемпе мĕнле майпа хăвăртрах усă курасси çинчен пирĕн пĕр-пĕрин шухăшĕсемпе паллашмалла. Иртнĕ çул промышленноçра продукци калăпăшĕн ӳсĕмĕн хăвăртлăхĕ 1,7 процент пулнă пулсан, аренда коллективĕсенче вара çак ӳсĕм 5,8 процент чухлĕ пулнине асăрхамасăр иртме çук. Акă мĕншĕн реформа теми пирĕн калаçура тĕп вырăн йышăнĕ тесе шутлатăп.

Ялхуçалăхĕнче те çавăн литика пирки ... пелентеретпĕр-и? Çакна пелетпĕр-и эпир, ăнланса илнĕ-и эпир сакна? Шансах тăратăп, çак кунсенче эпир ĕç коллективĕсенче, облаçсемпе республикăсенче мĕн тума кирли çинчен, центр мĕн тумалли синчен калаçăпăр. Центртисем: выранăсенче начар ĕçлеççĕ, теççĕ пулсан, ман шутпа, юлташсем, тĕрĕс мар сакă. Выранăсенче: «Центр мĕн шутлать-ши, правительство ăçта?» — теççĕ пулсан, сакă та тĕрĕс мар. Конкретлă хулана тата районă правительство членĕсем, председатель пырса йĕрке туса парасса кĕтсе ларассĕ, савăн чухне тин хулана тирпей-илем кĕртессĕ, хула транспортне ĕçлеттерессĕ пулсан, пĕтĕм ĕçе вĕсен йĕркелеме тивет пулсан, реформа, харпăр хăй тĕллĕн ĕçлессипе самоуправлени синчен мĕнле сăмах пулма пултартăр?

Эпир кирек мĕнле ыйтупа та центртан пулăшу ыйтма хăнăхса ситрĕмĕр пулмалла. Çӳлтен хатĕр решени ярса парăр пире — ĕçĕ те пĕтнĕ. Çук сав. Ку вăхăт иртсе кайрĕ. Шăпах çавна пула эпир паянхи куна çитсе тăтăмăр та. Паллах, центр мĕнле ĕçленинчен питĕ нумай килет. Кашни коллектива, ĕç çыннине кивĕ инструкцисене, кивĕ законсене пăхăнтарнипе ĕç малалла каймĕ. Çак юрăхсăр йăлана пĕтерессишĕн центр пĕтĕмĕшпех ответлă.

Малалла. Республикăн, районсен, хуласен, ĕç коллективĕсен кĕрешмелле, кадрсен кĕрешмелле. Мĕншĕн-ха пĕрисен тăвата çул хушшинче, питĕ пысăк пĕлтерĕшлĕ решенисем йышăничччен чылай маларах, тĕпрен пысăк улшăнусем пулса иртнĕ, теприсен вара, халăх каларĕш, «лаши выртса йăванман-ха», вĕсем ĕçе юриех чарса тăнăн туйăнать. Çакна курасçĕ те çынсем акă мĕн калаççĕ: хăшпĕр çĕрте шавлаççĕ, çĕнетӳ пирки калаçаççĕ, таста темĕн пулса иртет, пирĕн вара — нимĕн те. Çакăн пирки пирĕн паян шухăшласа пăхас пулать, юлташсем. Кама айăпламаллине шыраса лармалла мар. Айăплама пĕлетпĕр эпир, ку тĕлĕшпе эпир — пысăк специалистсем. Ĕçе пайласа, пурсăмăрăн та пĕрле мĕн тумалла-ха пирĕн? Урăхла утăмсемпе малалла каймашкăн, пирĕн обществăн çав тери пысăк та кăткăс организмне тытса тăмашкăн управленин кашни сыпăкĕнче мĕн тумалли çинчен шухăшласа пăхмалла. Пирĕн кирек мĕнле пулсан та пĕр вырăнта тапăртатса тăма юрамасть. Эпир малашне те çакăн пек пурăнма пултараймастпăр.

Ресурссем мĕн чухлĕ пулни пирĕншĕн паллă. Урăх никам та нимĕн те парас çук пире. Апла пулин те пирĕн ресурссем çав тери пысăк. Анчах эпир вĕсене халиччен хи пек тăкаклама пултараймастпăр. Наци тупăшĕн кашни единици пусне ресурссем эпир тата вăйлă аталаннă капитализмлă çĕршывсенче мĕн чухлĕ пĕтернине илес пулсан, уйрăмлăх çав тери пысăк. Эпир вĕсемпе танлаштарсан наци тупăшĕн тарупа çыхăнна ыйтусем çинче юриех тĕплĕн чарăнса тăратăп. Çак ыйтусем пирĕн ĕçре тĕп вырăн йышăнаççĕ. Мĕншĕн тесен производствăри ĕçсем çынсен пурнăç условийĕсемпе, вĕсем хăйсене мĕнле туйнипе тата вĕсен шухăш-кăмăлĕпе тӳрремĕнех çыхăннă. Социаллă пурнăçпа экономикăри йывăр лару-тăрура та пирĕн çынсем çĕршывра мĕн пулса иртнипе ытларах та ытларах интересленеççĕ. Демократизаципе уссăнлăх процесĕсене вĕсем тĕплĕн ăнланасшăн. Усăлли мĕн пур кунта, социализмшăн питĕ кирлĕ процесра юрăхсăрри мĕн пур, çĕнетнĕ Советсен пĕлтерĕшĕ мĕнле пулмалла, вĕсен ĕсне ĕçсыннисем мĕнле хутшăнмалла, çĕршывра политика тĕлĕшĕнчен тарăн улшăнусем пулса иртнĕ условисенче КПССăн мĕнле пулмалла? Совет федерацийĕн пурнăçне çĕнетме мĕн тумалла? Ку ыйтăва та татса памалла. Мĕншĕн тесен федераци улăштармалли, унăн хăватне уçса палăртмалли çул-йĕрпе пырсан кăна эпир мĕнпур нацисемпе мĕнпур халăхсен сыннисен шанăç-ĕмĕтне тӳрре кăларма пултарăпăр. Урăхла май çук. Эсир куратăр ĕнтĕ, нумай процессем сăмăллăн пурнăçа кĕрсе пымаççĕ. Мĕншĕн тесен вуншар çул хушши, хăшпĕр çĕрте çĕрçуллăхсем хушши пухăнса пынă проблемăсем пĕр харăс тухса тăчĕç. Сакна эпир Балтика тăрăхĕнче, Молдавире куртăмăр ĕнтĕ. Вĕсем çеç те мар-ха. Кавказ леш енче, Азербайджанра, Арменире нацисем хушшинчи хирĕçӳсем мĕн тери хăрушă. Çаксем пĕтĕмпех пире шухăшлаттараççĕ. Юн тăкнине чарса лартма чи сирĕп мерăсем йышăнатпăр. Экстремизма, вандализма хирĕç вăйпа усă курма йышăнтăмăр.

Анчах, нацисем хушшинчи хирĕçӳсене пĕтерме тата чакарма пире хăшпĕр чухне сакнашкал мерăсем йышăнма тивет пулин те, пирĕн тĕп çул-йĕр улшăнмасть. Пирĕн совет федерацине аталантармалла. Шăпах çак çул-йĕрпе пырса пирĕн çынсем наци тĕлĕшĕнчен тата социаллă пурнăçра хăйсене лайăхрах туймалли майсем туса хумалла.

Пирĕн пурнăçри лару-тăру лăпкă пулманнине, экономикăри тата обществăри процессене йĕркелесе тăрас ĕç япăхланнине, дисциплинăпа йĕркелĕх чакнине çынсем курассĕ. Вĕсем çак пулăмсен сăлтавĕсене пĕлесшĕн, обществăри пĕтĕм лару-тăрăва лайăх еннелле татăклăнах улăштармашкăн мĕн тума кирлине ăнланасшăн. Паллах, нумай сăлтав эпир команда парса тăмалли кивĕ формăсенчен уйрăлса пынипе, политика тата экономика меслечĕсем çинче никĕсленсе тăракан çĕнĕ формăсем çине куснипе çыхăннă. Киввисене лăрахăçларамăр, çĕнни кирлĕ пек вăя кĕрсе ситеймен. Куçăм тапхăрĕ йывăррăн иртет, çакна ăнланмалла.

Мĕн тума пултаратпăр-ха эпир? Çĕнĕ майсемпе, çĕнĕ меслетсемпе усă курнă никĕс çинче общество йĕркеленсе çитме пуçлатăр, çирĕп... рах хăтăлас ан килтĕр-ха? Руководительсен-и? Енесемĕр: вĕсем, тен, мĕн туни хăвăртрах усă патăрччĕ тесе пурнинчен ытларах сунаççĕ пулĕ. Эпир пурсăмăр та пурнăç хăвăртрах лайăхлантăрччĕ, тетпĕр. Анчах ансат майсем çук çав. Пĕрре алă сулнипех, уйăх, çулталăк тăршшĕнчех мĕнпур йывăрлăхсене пĕтерме пулать, тесе шутласа пушă ĕмĕтсемпе йăпанса ларассинчен хăтăлмалла. Çук. Пĕрик çул хушшинче татса пама пултармалли тата татса пама кирлĕ ыйтусем те пур. Пур. Анчах обществăна тĕпрен çĕнетесси вăл — тарăн процесс, ăна тĕплĕн пурнăçа кĕртсе пымалла.

Юлашки вăхăтра эпир çĕнĕ органсем çĕнĕ условисенче ĕçлес ыйтусем пирки шухăшлатпăр. Центральнăй Комитетра та шухăшлатпăр, ку ыйтусене депутатсен корпусĕнче те активлă сӳтсе яватпăр. Çак шухăшпа ытларах та ытларах килĕшетпĕр: аслă влаçăн çĕнĕ органĕсене туса хунă тата вĕсен тивĕçĕсене палăртнă чухне пире малтанах центра эффективлă механизм туса хурас задачăна пĕтĕмĕшпе татса пама май килмерĕ. Çакна палăртса хăвармалла. Ăна куратпăр эпир. Эпир центрта çĕнетӳ политикин тĕллевĕсене пурнăçа кĕртмелли эффективлă механизм туса хураймăн-ха. Ку пире шухăшлаттарма кирлĕ. Пирĕн кун пирки шухăшласа пăхмалла. Канашлăва уçса сăмах калама хатĕрленнĕ май эпĕ сире çакăн синчен те калама, сирĕнпе канашласа пăхма шутларăм. Ку ыйту пирки пурсăмăрăн та пĕрле, кая хăвармасăр шухăшласа пăхмалла, килĕшсе ситетпĕр пулсан, ответ тупмалла, тесе шутлатăп. Пурнăç хăй кăларса тăратнă сак ыйту — ансат ыйту мар. Паллах ĕнтĕ, пире демократилле аслă власть кирлĕ. Вăл эффективлă ĕçлеме, çĕнетĕве хӳтĕлеме тата ăна сирĕппĕн малалла аталантарма, мĕнпур халăхсен интересĕсене шута илсе, обществăна çĕнетессин кăткăс ыйтăвĕсене татса пама пултартăр.

Çакăн пек ĕнтĕ эпĕ сире «хĕмлентерсе» ярас тесе пĕлтернĕ хăшпĕр шухăшсем. Эпĕ пĕлтернĕ çак шухăшсем тавра пулĕ те пирĕн калаçу. Канашлу усăлли синчен пĕлтеретĕп. **(Алă çупаççĕ).**

• • •

Рабочи класпа хресченсен, инженерсемпе техниксен представителĕсен Пĕтĕм Союзри канашлăвĕ январĕн 19-мĕшĕнче Мускаврa малалла ĕçленĕ.

Ирхи ларăва уçас умĕн **М. С. Горбачев** канашлăва хутшăнакансене Кавказ леш енчи лару-тăру çинчен пĕлтернĕ. Лару-тăру халлĕхе лайăхланмасть-ха, пĕр пекех йывăр тăрать, тенĕ вăл. СССР Верховнăй Совечĕн Президиумĕ Сăртлă Карабах автономиллĕ облаçĕнче тата ытти районсенче чрезвычайлă лару-тăру туса хурасси синчен кăларнă Указпа килĕшӳллĕн мерăсем пурнăçа кĕртессĕ.

Çурçĕр Кавказра кинек кĕртмессĕ, çемьесене хăратассĕ.

Партин Центральнăй Комитечĕ, Верховнăй Совет Президиумĕ, Совет правительстви иккĕ республика халăхĕсене чĕнсе каларĕç. Эпир пĕтĕм лару-тăрăва курса тăратпăр, ăна тĕрĕс хаклатпăр. Эпир çынсене пулăшас, çынсен пурнăçне экстремистсем талавинчен хӳтĕлес тĕллевпе ĕçлĕпĕр. Лару-тăру малалла ăн йывăрлантăр тесе мĕн кирлине пĕтĕмпех тăвăпăр. Экстремистсем темĕнле провокаци те тăваççĕ: хăшпĕр çĕрте водопроводсене сирпĕтсе яраççĕ, халăха кирлĕ системăсене сиен кӳреççĕ. Пирĕн сакна пĕтĕмпех шута илсе ĕçлемелле.

Унтан канашлура çĕршывăн социаллă пурнăçĕпе экономикинчи, политикăллă пурнăçри сивĕч ыйтусем тĕлĕшпе пĕр-пĕрин шухăшĕпе малалла паллашнă.

СССР Радиопромышленность министерствин Хусанти Радиоэлектроника наукатĕпчев институчĕн директорĕ **Ш. М. Чабдаров** хальхи вăхăтра чи пысăк пĕлтерĕшлĕ конверсин йывăр ыйтăвĕсем çинче чарăнса тăнă. Çĕнетӳ пулăшнипе тĕнчери хутшăнусенче çĕнĕ шухăшлав çĕнтерсе пынă май çак процесс вăй илме пуçларĕ, тенĕ вăл.

Обществăн хальхи вăхăтра иккĕ пĕлтерĕшлĕ задачăна пурнăçламалла: техникăн халиччен оборонăна вăйлатма усă курнă пысăк хăватне халăх пурнăçне лайăхлатас тĕллевпе ĕçе кĕртмелле, çав вăхăтрах çĕршывăн оборона хăватне тивĕçлĕ шайра тытмалла, тенĕ оратор. Анчах халлĕхе конверси процесĕсем хăй еккипе пыраççĕ-ха. Çавна пула предприятисем, отрасльсем, пĕтĕм çĕршыв социаллă пурнăçпа экономикăра палăрмаллах çухату тӳсет.

Институт руководителĕн шухăшĕпе, кĕске вăхăт хушшинче çар производствине халăх хуçалăхне кирлĕ продукци туса кăларма мобилизацилесси çинчен закон палăртса хатĕрлемелле. Вăл СССР Верховнăй Совечĕ производствăпа çыхăннă законсем палăртса хатĕрленĕ чухне çак ĕçе производство руководителĕсене тата специалисчĕсене анлăраххăн хутшăнтарма ыйтнă.

Новолипецкри металлурги комбиначĕн нумай пин çынлă коллективĕ ячĕпе канашлура **Н. Г. Козлов** литейщик тухса каланă. Металлургсем çĕнетĕве ĕçпе пулăшаççĕ, продукци туса кăларассине ӳстерсе пыраççĕ, тенĕ вăл.

Оратор рабочисен пысăк коллективне хумхантаракан ыйтусем çинче чарăнса тăнă. Чи малтанах рабочисене министерствăсем çӳлтен хуша тăни тарăхтарать. Хальхи вăхăтра металлургсем хăйсем шăратакан металпа нимĕн чухлĕ те усă кураймаççĕ, çав вăхăтрах ытти министерствăсен предприятийĕсем вĕсен продукцине валютăпа сутаççĕ.

Пире çакă хытă шухăшлаттарать: пĕрисем çĕнетӳре пулăшаççĕ, çав вăхăтрах теприсем сăмахпа çĕннишĕн «кĕрешеççĕ», анчах чăннипе ... тăнă йывăрлăхсене пĕтересси пĕтĕм государство ĕçĕ пулнине палăртнă.

Çĕршыври хресченсем çĕнетĕве ырлаççĕ çеç мар, хăйсем те çĕнелсе пыраççĕ. Сапла каланă Хабаровск крайĕнчи «Хабаровский» совхозри **В. Г. Свечников** бригадир. Вăл хăйĕн хуçалăхĕнчи аренда çинчен тĕплĕн каласа панă. Оратор государствăна договор тăрăх продукци сутмалли дисциплинăна пăсакансем пирки пăшăрханнине палăртнă.

«Ворошиловградтепловоз» производство пĕрлешĕвĕнчи **А. Д. Драголюнцев** бригадир ĕç халăхĕн представителĕсемпе Кремльте тĕп пулни партин Центральнăй Комитечĕшĕн питĕ кирли синчен каланă. Эпир сакăнта çĕршыв умне кăсалхи çул тухса тăнă уйрăмах сивĕч ыйтусене сӳтсе явма пухăнтăмăр, тенĕ вăл.

СССР Верховнăй Совечĕн çитес сессирех ĕçлев çинчен калакан çĕнĕ закон йышăнмалла, унта ĕç килĕшӳвĕсемпе обязательствисене пурнăçламаншăн çирĕп ответ тыттарассине палăртмалла. Унсăрăн çĕршыври лару-тăру тата ытларах йывăрланĕ, тенĕ оратор. Вăл хаксене йĕркелесе çитересси çинче уйрăмах тĕплĕн чарăнса тăнă. Рабочи çакăн пек тĕслĕх илсе кăтартнă: Ворошиловград парса тăракан хаклă йышши çĕркăмрăкĕн виçĕ тоннипе хальхи вăхăтра Ригăра туса кăларакан пĕр флакон духи е Литвара туса кăларакан темиçе мăшăр колготки çеç туянма пулать.

Кокчетав облаçĕнчи КПСС XXV съезчĕ ячĕпе хисепленекен колхозри **Ю. П. Минеев** звеньевой çĕршывра йĕркесĕрлĕхсен сăлтавĕ çинче чарăнса тăнă. Экономикăна çĕнĕлле йĕркелемелли нумай вăхăтлăх программăра халăхăн ĕçри хастарлăхне çеç шута илни ситеĕксĕр. Кунта шутлав тĕп вырăнта пулмалла, тенĕ аграрлă сектор представителĕ.

Молдави ССРĕнчи Киров ячĕпе хисепленекен колхозри сет-çу фермин заведующийĕ **А. П. Стацюк** çĕршывăн нумай регионĕсенче выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕç юлса пынă пирки пăшăрханнине палăртнă. Вăл ял ĕçченĕсене ĕçшĕн хавхалантарма кирли çинчен каланă. Ĕçшĕн пĕтĕм тупăш мĕн чухлĕ пулнине кура тӳлени пирĕн хуçалăхра продукци туса илессине ӳстерме пулăшрĕ, тенĕ оратор. Ялхуçалăх продукцийĕ сутăн илмелли хаксене улăштаричччен малтан яла парса тăракан ресурссен хакне ӳстерме чарăнмалла.

Ульяновскри механика завочĕн ĕç коллективĕн совечĕн председателĕ **В. В. Абанин** партире тата çĕршыв экономикинче йывăрлăхран тухмалли майсем шырассине канашлăвăн тĕп тĕллевĕ вырăнне хунă. Анчах кунта государство пурнăçĕнчи лару-тăрăва улăштарас тĕлĕшпе сĕнӳсем сахал пулчĕç, тенĕ оратор.

Массăсем хушшинче партин авторитечĕ чакса пыни синчен калама кирлĕ мар. Çакна союзлă республикăсен Верховнăй Совечĕсен, выранти Советсен халăх депутачĕсене суйламалли кампани... «Шахтерская Глубокая» шахтăри проходчиксен бригадин бригадирĕ **В. В. Комаров** канашлура Донбасри рабочисен ячĕпе сăмах каланă. Çĕнетӳ чи малтанах партин пуçламăш организацийĕсенче вăй илмелле, тенĕ вăл. Вăл рабочисен пурнăçĕ çинчен каласа панă. Хăйĕн сăмахĕнче шахтер хăрушă аппаласем çинчен те пĕлтернĕ. Пире ютран çапла чĕнсе калакансем пур: власа сăмахпа мар, хĕçпăшалпа тытса илмелле. Анчах Донбасри ĕçсынисем сакнашкал чĕнӳсене йышăнмаççĕ, тенĕ вăл.

Çĕнетӳ ӳсĕмĕсем куç умĕнчех, тенĕ Туркменин Чарджоу районĕнчи Чапаев ячĕпе хисепленекен колхоз бригадирĕ **В. В. Мамедов**. Анчах çитĕнӳсемпе пĕрлех çĕнетӳ çулĕ синчи чăрмавсене те курмалла, тенĕ вăл. Сăмахран, Вăтам Азири республикăсем хăйсем туса илекен пĕтĕм сĕрмамăкне государство заказĕпе сутаççĕ. Ялти социаллă пурнăса çĕнетсе улăштарма, ял ĕçченĕсен вăйĕпе туса илекен пурлăха тĕрĕс пайлама хăçан тытăнăпăр эпир?

Октябрьски чугун çулĕн Ленинград — Финлянди уйрăмĕн машинисчĕ **О. М. Минченко** чугун çул çинче ĕçлекенсен нушисем çинче чарăнса тăнă. Чугун çул работникĕсен ĕçĕ ытти отрасльсенче ĕçсене мĕнле йĕркеленипе тачă çыхăннă. Сăмахран, вăл шахтерсен забастовкисем транспортниксем умне мĕнле йывăрлăхсем кăларса тăратни çинчен каланă.

«Совет хресченĕ çĕршыва тăрантарма пултарать-и?» Çак ыйтуран пуçланă хăйĕн сăмахне Краснодар крайĕнчи Калинин ячĕпе хисепленекен опытлă производство хуçалăхĕн директорĕ **А. К. Лоза**. Пултарать, тесе ответленĕ вăл çак ыйту çине. Оратор хресчен кахалланма пуçларĕ, ĕçлеме манса кайрĕ, тенипе килĕшмест. Вăл Краснодар крайĕнчи чылай районсенчи хуçалăхсенчен темисе çул каярах «Зерно» производство системи туса хуни синчен каласа панă. Çĕнетӳ задачисене пурнăçлама çĕршывра йĕрке туса хумалла, тенĕ Кубань тăрăхĕнчи ял ĕçченĕсен представителĕ. Çĕршывра влаçшăн пуçланнă кĕрешӳ, тĕрлĕрен ушкăнсен экстремистла тĕллевĕсем, сав ушкăнсем массăллă информаци хатĕрĕсемпе пĕр чăрмавсăр усă курма пуслани шухăшлаттарать. Вĕсем пирĕн историе çав тери хурлаççĕ, пирĕн мораль идеалĕсене нимĕн вырăнне те хумаççĕ, тенĕ оратор.

Эпир çак канашлăва çĕршывра вăраха пыракан кризиса чарса лартасса шанса килтĕмĕр, тенĕ Арменири ĕçсыннисен представителĕ — Канакерти алюмини завочĕн генеральнăй директорĕ **Р. Н. Енгоян**. Вăл çĕр чĕтреннине пула тухса тăнă йывăрлăхсенчен хăтăлса ситеймен республика мĕнле пурăнни синчен каласа панă.

Генеральнăй директор ытти çĕршывсенчи предпринимательсемпе ирĕклĕ çыхăну тытса ĕçлемелли зонăсем, пĕрлехи производствăсем туса хурасси çинчен, экономикăна вăйлатмалли мерăсем **çинчен каланă.**

...ставителĕсен ушкăнĕ хуçалапать, уйăхла шухăшлаксене хĕсĕрлессĕ. Литвари компартире сепаратизм юхăмĕ вăй илчĕ, тенĕ вăл. Оратор канашлăва пухăннисене Балтика тăрăхĕнчи республикăсене экономика енĕпе хĕсме шутлакансене татăклăнах сивлеме чĕнсе каланă. Республикăсене экономика енĕпе хĕсни чи малтанах ĕçсынисен пурнăçне йывăрлатать, тенĕ вăл. Рабочи çĕршыв руководствине Балтика тăрăхĕнчи республикăсем экономикăна хăйсем тĕллĕн тытса пырас ыйтăва СССР Верховнăй Совечĕн иккĕмĕш сессийĕнче татса панă чухне калла чакнăшăн критикленĕ.

Канашлура «Азербайджан» наукăпа производство пĕрлешĕвĕн генеральнăй директорĕ **Т. М. Азизов** тухса каланă. Эпĕ «интернационализм» сăмаха каласан, нумайăшĕ тĕлĕнме пултарассĕ. Анчах эпĕ сакна калассăн: Баку хули иртнĕ вăхăтри пекех халĕ те интернационалла хула пулса тăрать, вăл малашне те сакăн пек хула пулĕ. Инженер республикăн революцилле традицийĕсем синчен аса илтернĕ. Лăпкă пурнăç туса хума иккĕ ыйтăва васкавлă татса памалла: регионсене пĕр-пĕрин умне территори пирки требованисем лартма чармалла, иккĕ енĕн те хăйсем ĕмĕр пурăннă вырăнсенчен тарнă çынсене пурăнмашкăн вырнастарас, ĕç тупса парас, пурлăх уйăрса парас тĕллевпе ĕçе тытăнмалла.

Анчах çĕнетĕве хирĕç тăракан çынсем пур чухне калаçса татăлма май çук, тенĕ оратор. Вăл государствăна çаратса пуйма тăрăшакан ушкăнсене хирĕç çирĕп мерăсем йышăнма кирлине палăртнă. Пĕрлешӳ директорĕ республика руководствине регион экономикине çĕнĕлле йĕркелес тĕлĕшпе мерăсем йышăнма васкаманшăн критикленĕ.

Канашлура çавăн пекех «Кузбассуголь» ассоциаци совечĕн председателĕ **М. И. Найдов** тухса каланă. Вăл çĕршыври пĕтĕм лару-тăрăва хăвăрт лайăхлатас тĕлĕшпе темиçе сĕнӳ панă.

Калининград облаçĕнчи «Восход» колхозăн главнăй экономисчĕ **Н. А. Перевертайлова** регион ыйтăвĕсем çинче чарăнса тăнă. Калининград облаçне экономикăна хăй тĕллĕн аталантаракан зона статусне парас ыйтăва хăвăртрах пăхса тухма сĕннĕ. Çак ыйту кӳршĕри Литва регионти хуçалăх расчечĕ çине куçнипе çыхăннă.

Канашлура çĕнетĕвĕн чи кирлĕ ыйтăвĕсене сӳтсе явасси вĕçленнĕ хыççăн Литвăн вунă представителĕн çырăвне вуласа панă. Çыру авторĕсем Карольчук сăмахĕнче республикăн обществăллă-политикăллă пурнăçĕ пирки илсе кăтартнă тĕслĕхсенчен ытларахăшĕпе тата унăн вывочĕсемпе килĕшменни синчен пĕлтернĕ.

Канашлура юлашкинчен КПСС Центральнăй Комитечĕн Генеральнăй секретарĕ, СССР Верховнăй Совечĕн Председателĕ М. С. Горбачев сăмах каланă.

(ТАСС).

**Пирĕн вăхăт — совет обществин политика, экономика, ăс-хакăл сферисем питĕ хăвăрт улшăнса çĕнелекен тапхăр. Халĕ кашни ĕçрех татăклă улшăну тунн, тивĕçе туллин ăнланса чыслăн пурнăçлама тăрăшни кирлĕ. Çавăнпа пурин те вĕренмелле, опыта, пултарулăхпа пуçарулăха ӳстерсе пымалла.**

**Эпир те, журналистсем, çак ĕçрен айккинче тăрса юлма пултараймастпăр. Çапла шутларĕç «Коммунизм ялавĕ» хаçат редакцийĕнче ĕçлекенсем: мĕншĕн-ха кашни уйăхрах, виççĕмĕш кĕçнерникун, республика экономикин, наукăпа культурăн тĕрлĕ отраслĕсенчи паллă çынсене тĕлпулăва чĕнес мар! Çакă вăл журналистсемшĕн чăнипех творчество вĕренĕвĕ пулĕ, хамăрăн тивĕçе лайăхрах пурнăçлама пулăшĕ.**

**Çапла çуралчĕ редакцири «Кĕçнерни каç». Январĕн 18-мĕшĕнче журналистсен хăни Шупашкарти чи çамрăк предприяти — дизель заводĕн директорĕ А. Г. ГАЛКОВ пулчĕ.**



## ÇĔНĔ ЗАВОД ÇИТĔНЕТ

**Кĕçнерни каç**

— Журналистсемпе тĕл пулса калаçма çав тери хавас, — терĕ Александр Геннадьевич. — Шупашкарти промышленность тракторĕсен заводĕ пулмалли вырăн чиккисене палăртни халĕ те асрах-ха. Эпир çавăнтанпах журналистсемпе пĕрле аллаллăн тытăнса ĕçлетпĕр. Малашне пире хаçат-журнал редакцийĕсен пулăшăвĕ уйрăмах кирлĕ пулать.

Республика столицинче хăватлă тракторсем туса кăларас ĕçе йĕркелесе ямашкăн Челябинскран, Свердловскран, Липецкран, çĕршывăн ытти промышленность центрĕсенчен ăста специалистсем нумай килнĕ. Çав вăхăтра ĕçлеме тытăннă та унта А. Галков инженер. Анчах вăл вырăнти специалистсенчен чи малтанхи пулнă теме пулать. Пĕр хушă Шупашкарти электроаппаратура заводĕнче ĕçленĕ хыççăн, ăна ВЛКСМ обкомĕн секретарьне суйланă. Трактор заводĕнче вара ответлă ĕçсем шаннă: преспа сварка производствин начальникĕ, пĕрлешӳвĕн тĕп инженерĕ, партком секретарĕ, техника директорĕ пулнă вăл. Халĕ — дизель заводĕн директорĕ.

«Шупашкарти промышленность тракторĕсен заводĕ» пĕрлешӳре мотор производстви йĕркелесси çинчен чылайранпа калаçаççĕ ĕнтĕ. Унăн корпусĕсене те виççĕ-тăватă çул каялла лартма тытăннă. Пире хăватлă моторсем кирлĕ. Мĕншĕн тесен Волгоградри завод двигателĕсем Шупашкар тракторĕсен техника ыйтăвĕсене туллин тивĕçтерейменççĕ. Ярославльти мотор заводĕ — çĕршывра ку енĕпе ĕçлекен чи паллă предприяти — кирлĕ пек пулăшма пултараймасть. Çавăнпа КПСС Центральнăй Комитечĕпе СССР Министрсен Совечĕ йышăннă постановленипе килĕшӳллĕн, Шупашкарта двигательсем тăвакан завод лартма палăртнă.

Шупашкарти трактор заводĕн пĕрремĕш корпусĕсене туса лартнă вăхăт аса килет. Питĕ хăюллă шухăшпа хавхаланнăччĕ ун чухне — предприятие туса лартнă вăхăтра унта калармалли тракторсен конструкцийĕ те хатĕрленсе çитет. Çапла вара вăхăта нумай перекетлеме май пур. Анчах, чăннипе илсен, урăхла пулса тухрĕ. Завода туса лартсан та трактор конструкцийĕсене тивĕçлипе йĕркелесе çитересси вăраха тăсăлчĕ. Дизель заводĕн шăпи вара пачах урăхла. Завод пирки калаçма тытăннă вăхăтрах унта мĕнле моторсем туса кăларасси паллă пулнă. Предприяти ĕçлет ĕнтĕ. А. Галков унăн хальхи кăтартăвĕсемпе паллаштарать. Коллективра çĕршер çын, вĕсенчен çурри яхан — конструкторсемпе технологсем. Пĕлтĕр çĕршер двигатель туса кăларнă, вĕсене тĕрлĕ йышши тракторсем çине лартнă. Малтанхи двигательсем халăх хуçалăхĕн тĕрлĕ отраслĕсенче, çĕршывăн, урăх çĕршывсен тĕрлĕрен çутçанталăк зонисенче шанчăклă ĕçлеççĕ. Халлĕхе пурĕ те пĕр двигатель çинче кăна кăлтăк тупăннă, çывăх вăхăтра ăна сӳтсе çакăн сăлтавĕсене палăртаççĕ.

Пирĕн дизель — Федерациллĕ Германи Республикинчи МТУ фирмăпа пĕрле туса кăларакан мотор. Халлĕхе Шупашкарта двигатель узелĕсемпе деталĕсен 11 процентне çеç тума хăнăхнă-ха, ыттине чикĕ леш енчен илсе тăраççĕ. Çывăх вăхăтрах çак кăтартăва 20 процента çитермелле. Кунпа пĕрлех продукци калăпăшĕ темиçе хут пысăкланмалла.

Нумай пулмасть заводăн пĕрремĕш черетне хута янă. Халĕ строительсемпе монтажниксем 50 пин тăваткал метр лаптăкăш производство корпусĕсене тăваççĕ. Кунпа пĕрлех дизель заводĕ республика столицине малалла аталантарма нумай пулăшать. Çĕнĕ производство йĕркелеме пĕтĕмпе 650 миллион тенкĕ уйăрнă пулсан, 130 миллионĕ социаллă пурнăç объекчĕсем тума каять. Завод укçи-тенкипе Мир проспектĕнче пурăнмалли çуртсем лартнă ĕнтĕ, çавăн пекех республикăри ача-пăча больници тăваççĕ, ăшă парса тăракан магистральсем хываççĕ, энергетика хăвачĕсене ӳстереççĕ.

— Çĕнĕ завод — Совет Союзĕпе Федерациллĕ Германи Республики пĕрле туса лартакан промышленность предприятийĕ, — тет унăн директорĕ. — Пĕлтĕрхи ноябрь — декабрь уйăхĕсенче эпир ятарласа «Даймлер—Бенц» концерна кайса килтĕмĕр, тĕпрен илсен, перлехи завод пирки калаçса татăлтăмăр. Моторсем тăвас енĕпе концерн 100 çула яхăн ĕçлет, унăн двигателĕсемпе тĕрлĕ отрасльсенче анлă усă кураççĕ, вĕсен пахалăхĕ питĕ çӳллĕ шайра. Тĕнчери экономика ăмăртăвĕ халĕ пурне те çаканшăн тăрăшма хистет.

МТУ фирмăпа тачă çыхăнса, двигателе хамăр патăрта тума тытăнни Шупашкар тракторĕсен пахалăх кăтартăвĕсене чылай лайăхлатма май панă. Иртнĕ тапхăрти çав тракторсене пурте тĕне пекех тиркесе калаçма хăнăхнăччĕ, ку енĕпе пичет органĕсем те самаях «пулăшнă». Апла пулин те, пĕрлешӳ коллективĕ трактор пахалăхĕпе шанчăклăхне ӳстермелли майсене канăçа пĕлмесĕр шырарĕ. Халĕ пирĕн трактора туянас текенсем йышлă. Шупашкар тракторне тăхăр çĕршыва сутаççĕ ĕнтĕ. Вăл Африкăри çĕршывсене те çул хывнă, унпа Китай Халăх Республикинчи ĕçлĕ ушкăнсем те тимлесех паллашаççĕ. Кăçал экспорт продукцийĕн калăпăшĕ пилĕк хут пысăкланать.

Юлашки çулсенче Т-25, Т-50 тракторсем туса кăларассине йĕркелес тĕлĕшпе сахал мар ĕçленĕ. Т-500 тракторăн мĕнпур шайри сăнавĕсем ăнăçлă иртнĕ, государство комиссийĕ ăна пысăк хак панă.

Пĕрлешӳрен кăларса, хăй тĕллĕн ĕçлекен уйрăм предприяти туса хунă пулсан та, дизель заводĕ Шупашкар тракторĕсене тăвакансен ыйтăвĕсене туллин тивĕçтерĕ. Çавăн пекех продукцин пĕр пайне ытти потребительсен заказĕпе хатĕрлеме палăртать.

Çĕнĕ заводра халăха кирлĕ таварсем туса кăларасси çинчен те манмаççĕ. Ятарласа йĕркеленĕ участокра хуçалăхра усă курмалли домкратсем тăваççĕ. Кăçал халаха кирлĕ таварсем 800 пин тенкĕлĕх туса кăлармалла, пĕлтерхипе танлаштарсан, ĕç калăпăшĕ сакăр хут ытла пысăкланмалла.

Тулли хуçалăх расчечĕ çине куçнă, ытти предприятисемпе тытакан кооперации çыхăнăвĕсене аталантарса пынă, аренда хутшăнăвĕсене вăйлатнă май, заводăн экономика кăтартăвĕсем лайăхланаççĕ. Чăн та, ку енĕпе тăрăшмалли сахал мар. Уйрăммăн илсен, рабочисен ĕç укçине чылай ӳстермелле. Апла-тăк, производствăна хăвăртрах аталантармалла, продукци пахалăхне лайăхлатмалла. Унсăрăн çĕнĕ условисенче предприяти тупăшлă ĕçлеме пултараймасть.

А. Галков хăйне ăшшăн кĕтсе илнĕ журналистсен ыйтăвĕсем çине ответлерĕ, редакци коллективне рабочисемпе, ĕç коллективĕсемпе тытакан çыхăнăва малалла татах çирĕплетме сĕнчĕ.

**А. НИКОЛАЕВ.**

**● Шупашкарти дизель заводĕн директорĕ А. Галков редакцири «Кĕçнерни каç» тĕлпулура.**

Ю. Дмитриев фотоӳкерчĕкĕ.

# Йĕплĕ çăмах

## ÇЫРУСЕМ КĔТЕТПĔР

Хисеплĕ юлташсем, «Йĕплĕ çăмах» туссем. Уйăхра икĕ хутчен тухакан сатирăпа кулăш кĕтесĕ сире Çĕлен çулталăкне ăнăçлă вĕçленĕ тата Лаша çулне кĕнĕ ятпа ăшшăн саламлать. Эсир çакă тавăрса ĕçленипе иртнĕ çул фельетонсемпе шӳтсем чылай пичетлерĕмĕр. Пирĕн уйрăмах Г. Я. Яковлев художник, Л. А. Алексеев, В. М. Михайлов, Л. З. Морозов, Н. М. Иванов, Ю. П. Петров-Виръял поэт (Шупашкар хули), Г. И. Белов, В. П. Порфирьев (Элĕк районĕ) А. И. Иванов (Вăрнар районĕ), П. А. Голицын (Хĕрлĕ Чутай районĕ), Р. П. Моисеев (Комсомольски районĕ) тата Я. К. Рогачев (Ульяновск облаçĕ) хастар ĕçленине палăртас килет.

Эппин, Лаша çулĕнче йĕнерчĕк çинче çирĕп ларар, чĕлпĕрне алăран вĕçертер мар. Сирĕнтен çырусем кĕтетпĕр.

## ĔÇКĔН ЧИККИ ÇУК

Паха улăм уринчи çĕрĕк-марăк хăраххи евĕр, пурнăçри киревсĕр ĕçсем ытларах ĕçке пула сиксе тухаççĕ. Вĕсем пирки Шалти ĕçсен министерстви кăскен пĕлтерсех тăрать-ха. Преступлени тăвакансен йышĕ ӳсни куçкĕрет. Ку тĕлĕшпе Канаш районĕнче лару-тăру та лăпкă мар. Пĕр-ик тĕслĕх çеç илер.

Асхвари И. Тарасов пĕлтĕр ашшĕ хуçалăхĕнчи ампарта кăске пăшалпа виççĕ патрон тупнă та, килне илсе кайса пытарса хунă. Тутăх пăшал та çулталăкра пĕрре перет, теççĕ-и-ха? Çакна тĕрĕслесе пăхас шутпа пĕринче Йăван «çуттине» персе лартнă та, хайхи пăшала ярса тытнă. Сирпĕнсе тухнă, ӳсĕрскер, крыльца картлашки çине. Çав самантра урампа пĕр йытă лĕпсĕртетсе пынă. Кĕмсĕрт! янăраса кайнă пăшал сасси. Анчах йытă хӳрипе урине кăна кăтартса хăварнă. Тем пек тепре тĕллесе перес тенĕ Йăван — ăнтараймаи. Ку хутĕнче пуля ăна хăйне сылтăм уринчен пырса шартлаттарнă.

Пурте пĕлекен вăйĕра шахĕ нумай, мачĕ — пĕрре. И. Тарасов вара хăрăсах икĕ «мат» тӳснĕ: пĕрре хăйне амантнă, тепре судпа айăпланнă — пăшала никам ирĕк памасăр тытса упранăшăн.

Сухайкассинче те чуна çӳçентерекен ĕç-пуç пулса иртнĕ. Серафимовсен ывăлĕ ялан ӳсĕр çӳренĕ. Сыпма укçи çук чухне, аслашшĕне анратнă е ашшĕпе амăшĕ тар юхтарса пухнă пурлăха сута-сута ĕçсе янă. Этем ĕрĕтне кĕмешкĕн йăлăнсан, вăл кашнинчех асаписер харкашу пуçланă, çывăх тăванĕсене вĕлерессипе хăратнă. Пĕчĕк çăрăкшăнах çапăçасшăн çуннă ĕçкĕç. Черкке патне туртăнма хăнăхнă алли çĕçĕ патне те çитнĕ. Кĕç вăл, вăрăм çĕçĕ тытса, амăшĕ çине сиксе ӳкнĕ. Çакна асăрханă ашшĕ чун пăлхавне чарма хал çитереймен. Ывăлĕн çĕççине туртса илнĕ те, хăйне яшлаттарнă. Çийĕнчех, хытă тарăхнипе, кувалдăпа кĕрслеттернĕ.

Халăх сучĕ çак преступление пур енлĕн тишкерсе, ывăлне вĕлернĕ Н. Серафимова ытлашши çирĕп наказани памарĕ, темелле. Çапах, пирĕн шутпа, çамрăк çын пурнăçне упраса хăварма, ăна сăра-эрех серепинчен çăлма майсем пулнах. Вăл ĕçкĕпе чикки-виçине пĕлмесĕр иртĕхни çинчен ашшĕ-амăшĕн милицие вăхăтра пĕлтермеллеччĕ е ăна алкоголь чирĕнчен сиплеме ярассишăн çине тăмаллаччĕ. Халĕ ĕнтĕ чавса çывăх та, çыртма çук.

Вăт çапла вăл инкек-синкеклĕ ĕçкĕн тинĕсĕ: ишсе те каçаймăн, çăтса та яраймăн.

**В. КОНДРАТЬЕВ.**

## КИЛСЕ КУРĂР ЕЛЧĔКЕ

Елчĕк тăрăхĕнчи магазинсене сайра тĕл пулакан тавар илсе килсен, сутуçăсем тӳрех ташша яраççĕ: ара, кун пек чухне нумайранпа сутăнмасăр выртакан е пăсăлнă япаласене çав таварпа пĕрле парса яма меллĕ. Тавар туянакансемшĕн вара чĕр тамаша.

Акă, раштав уйăхĕн вĕçĕнче Аслă Шăхалĕнчи Елена Аверьяновăпа Марина Лисицына ĕçлекен магазина кунта тахçантанпа пулман канфет илсе килнине пĕлсен, самантрах виçĕ ял çынни лăках тулчĕ. Суту пуçланиччĕнех продавщицăсем магазина пынă халăха: «Кашни килограмм канфет пуçне виçшер килограмм квас тумалли салат паратпăр. Салат илес темесен, черетре ан та тăрăр» — тесе пĕлтерчĕç.

Мĕн тăвăн, пылаксăр пурăнма хĕн, ача-пăчаллă çемьене пушшех. Черет шунă май, хăшĕсем канфетпа салата пĕр хутаççах чăмтарчĕç. Салат хума михĕ илме киле чупнисенчен чылайăшĕ канфетсăрах тăрса юлчĕ, ĕлкĕреймерĕç вĕсем.

Вăраха пымарĕ суту. Çапла, пирĕн енче кирлĕ мар таварсене сутма вĕренсе çитнĕ сутуçăсем. Вĕсен паха опычĕпе паллашас тесен, райпо председателĕ патне пырăр. Шел, хушаматне астăваймарăм унăнне.

**К. ТУРШИГАЛЕВ.**

## СУЕÇ КУККАСЕМ

Иртнĕ çул пулнă-ха ку. Çу кунĕсенчен пĕринче, тĕрĕсрех каласан, июнĕн 28-мĕшĕнче, Шупашкар хулин кăнтăр енчи çĕнĕ районĕнче савăнăçлă хыпар сарăлнă: вунвиççĕмĕш микрорайонта 330 вырăнлă ача сачĕ туса пĕтернĕ! Ашшĕ-амăшĕ те, пĕчĕк пепкесем те, çак куна тахçантанпа кĕтсе пурăнакансем, лаштах сывласа янă. Ара, савăнмасăр: ясли-садра бассейн та пулмалла-çке! Хĕлле те, çулла та чăпăл кĕр кăна. Государство комиссийе кĕртнĕ пысăк куккасем (комиссие Калинин райĕçтăвкомĕн председателĕн заместителĕ Спирин ертсе пынă) ясли-сад çуртне туса пĕтерни çинчен алă пусса официаллă çирĕплетнĕ. Ясли-сад уççине кĕçех ачасене парса хăвармашкăн шантарса тухса кайнă.

Лосев ăнентернĕ тăрăх, объектра строительсем туса çитермен хăшпĕр кăлтăксем юлнă-мĕн. Вĕсене пĕтерме пĕр уйăх кирлĕ пулнă. Тĕрĕссипе илсен, брак текен япалана ку таранччен те тӳрлетсе çитермен. Ноябрьте бассейна йĕркене кĕртме пулнă — çăмахĕ хальхинче те тытман. Куракансем каланă тăрăх, бассейнра тăпĕнчен те, айккинчен те йĕри-тавра шăпăртатса шыв юхать.

Халĕ бухгалтери чĕлхи çине куçăпăр. Çак объектри строительство бракĕ 2517 тенке ларнă. Кăçалхи январĕн 1-мĕшĕ тĕлне унта ĕçлеме 40 çын штата илнĕ пулнă. Вĕсене ни-шăнчен тытăнса туса çитермен ясли-садах ачасене йышăнма кăтарту панă. «Бассейнра чăпăл кĕмесĕрех пурăнкалĕç-ха», —лăх-лăх кулаççĕ пысăк пукан йышăнса ларакан хăшпĕр куккасем.

Чăваш АССР Халăх контроль комитечĕ ку ырă мар историн тупсăмне тăпчесе пĕлчĕ çак кунсенче. В. В. Лосева строительствăри бракшăн çирĕп выговор лекрĕ, унăн пĕр уйăхри ĕç укçисĕр тăрса юлмалла пулчĕ. Объекта куçа хупса алă пусса йышăнăшăн Чăваш АССР УКС начальникне Н. А. Плешакова та, Шупашкар хулин госархстрой контролĕн инспекцийĕн начальникне

...пашкарта двигательсем тăвакан завод лартма палăртна.

Шупашкарти трактор заводĕн пĕрремĕш корпусĕсене туса лартнă вăхăт аса килет. Питĕ хăюллă шухăшпа хавхаланнăччĕ ун чухне — предприятие туса лартнă вăхăтра унăн конструкцийĕ те хатĕр тор конструкцийĕ те хатĕрленсе çитет. Çапла вара вăхăта нумай перекетлеме май пур. Анчах, чăннипе илсен, урăхла пулса тухрĕ. Завода туса лартсан та трактор конструкцийĕсене тивĕçлипе йĕркелесе çитересси вăраха тăсăлчĕ. Дизель заводĕн шăпи вара пачах урăхла. Завод пирки калаçма тытăннă вă... тажниксем 30 пин тăваткал метр лаптăкăш производство корпусĕсене тăвассĕ. Купа перлех дизель заводĕ республика столицине малалла аталантарма нумай пулăшать. Çĕнĕ производство йĕркелеме пĕтĕмпе 650 миллион тенкĕ уйăрнă пулсан, 130 миллионĕ социаллă, пурăç ... тума кайĕ. Завод укçи-тенкипе Мир проспектĕнче пуранмалли çуртсем лартнă ĕнтĕ, çавăн пекех республикăри ача-пăча больници тăвассĕ, ăшă парса тăракан магистральсем хывассĕ, энергетика хăвачĕсене ÿстерессĕ.

— Çĕнĕ завод — Совет Союзĕпе Федерациллĕ Гер... концерн 100 çула яхăн ĕçлет, унăн двигателĕсемпе тĕрлĕ отраслĕсенче авлă усă курассĕ. Вĕсен пахалăхĕ питĕ çÿллĕ шайра. Тĕнчери экономика ăмăртăвĕ халĕ пурне те çакăншăн тăрăшма хистет.

МТУ фирмăпа тачă çыхăнса, двигателе хамăр патăрта тума тытăнни Шупашкар тракторĕсен пахалăх кăтартăвĕсене чылай лайăхлатма май панă. Иртнĕ танхăрта çав тракторсене пурĕ тĕнĕ пекех тиркесе калаçма-хăнăхнăччĕ, ку енĕпе пичет-органĕсем те самаях «пулăшнă». Апла пулин те, пĕрлешÿ коллективĕ трактор паха... ...паллашассе. Кăçал эксперт продукцийĕн калăпăшĕ пилĕк хут пысăкланать.

Юлашки çулсенче Т-25, Т-50 тракторсем туса кăларассине йĕркелес тĕлĕшпе сахал мар ĕçленĕ. Т-500 тракторăн мĕнпур шайри сăнавĕсем ăнăçлă иртнĕ, государство комиссийĕ ăна пысăк хак панă.

Пĕрлешÿрен кăларса, хăй тĕллĕн ĕçлекен уйрăм предприяти туса хунă пулсан та, дизель заводĕ Шупашкар тракторĕсене тăвакансен ыйтăвĕсене туллин тивĕçтерĕ. Çавăн пекех продукцин пĕр пайне ытти потребительсен продукци пахалăхне лайăхлатмалла. Унсăрăн çĕнĕ условисенче предприяти тупăшлă ĕçлеме пултараймасть.

А. Галков хăйне ăшшăн кĕтсе илнĕ журналистсен ыйтăвĕсем çине ответлерĕ, редакци коллективне рабочисемпе, ĕç коллективĕсемпе тытакан çыхăнăва малалла татах çирĕплетме сĕнчĕ.

А. НИКОЛАЕВ.

● Шупашкарти дизель заводĕн директорĕ А. Галков редакцири «Кĕçнерни каç» тĕлпулура.

Ю. Дмитриев фотоÿкерчĕкĕ.

...ТУРШИГАЛЕВ.

# СУЕÇ КУККАСЕМ

Иртнĕ çул пулнă-ха ку. Çу кунĕсенчен пĕринче, тĕрĕслех каласан, июнĕн 28-мĕшĕнче, Шупашкар хулин кăнтăр енчи çĕнĕ районĕнче савăнăçлă хыпар сарăлнă: Кунавиççĕмĕш микрорайонта 330 вырăнлă ача сачĕ туса пĕтернĕ! Ашшĕ-амăшĕ те, пăчăк пепкесем те, çак куна тахçантанпа кĕтсе пурăнакансем, паштах сывласа янă. Ара, савăнмасăр! Ясли-садра бассейн та пулмалла-çке! Хĕлле те, çулла та чăпăл кĕр кăна.

Государство комиссине кĕртнĕ пысăк куккасем (комиссие Калинин райĕçтăвкомĕн председателĕн заместителĕ Спирин ертсе пынă) ясли-сад çуртне туса пĕтерни çинчен алă пусса официаллă çирĕплетнĕ. Ясли-сад уççине кĕçех ачасене парса хăвармашкăн шантарса тухса кайнă.

Анчах ясли-садра ачасен шавлă та савăнăçлă сасси илтĕнсе каяйман. Мĕн пăтăрмахĕ сиксе тухнă-ха апла пулсан? «Чувашградостройăн» 105-мĕш строительствăпа монтаж управленийĕн начальникĕ В. В. Лосев ăнентернĕ тăрăх, объектра строительсем туса çитерменни хăшпĕр кăлтăксем юлнă-мĕн. Вĕсене пĕтерме пĕр уйăх кирлĕ пулнă. Тĕрĕссипе илсен, брак текен япалана ку таранччен те тÿрлетсе çитермен. Ноябрьте бассейна йĕркене кĕртме пулнă — çăмаха хальхинче те тытман. Куракансем каланă тăрăх, бассейнра тĕпĕнчен те, айккинчен те йĕри-тавра шапăртатса шыв юхать.

Халĕ бухгалтери чĕлхи çине куçăпăр. Çак объектри строительство бракĕ 2517 тенкĕлĕх. Кăçалхи январĕн 1-мĕшĕ тĕлне унта ĕçлеме 40 çын штата илнĕ пулнă. Вĕсене нимĕн ĕçлемесĕрех 22,7 пин тенкĕ тÿленĕ. Çапла вара суя акт государствăна 25,2 пин тенкĕлĕх тăкак кÿнĕ.

Халăх депутачĕсен хула Совечĕн ĕçтăвкомĕ çакна куçмăш пулнă. Кăçалхи январĕн 10-мĕшĕнчен тытăнса туса çитермен ясли-садах ачасене йышăнма кăтарту панă. «Бассейнра чăпăл кĕмесĕрех пурăнкалăр-ха» — лăх-лăх куласçĕ пысăк пукан йышăнса ларакан хăшпĕр куккасем.

Чăваш АССР Халăх контроль комитечĕ ку ырă мар историн тупсăмне тĕпчесе пĕлчĕ çак кунсенче. В. В. Лосева строительствăри бракшăн çирĕп выговор лекрĕ, унăн пĕр уйăхри ĕç укçисĕр тăрса юлмалла пулчĕ. Объекта куçа хупса алă пусса йышăннăшăн Чăваш АССР УКС начальникне Н. А. Плешакова та, Шупашкар хулин госархстрой контролĕн инспекцийĕн начальникне Г. И. Охотникова та çавăн пек наказани панă.

Çапла вăл, суя çурма çулта тахăнтарать, тенĕ.

В. ПЕТРОВ.

## Пĕлес тенĕччĕ...

### Налогран хăтарма çук

**Ашшĕсем вăрçăра вилнĕ пулсан, вĕсен ачисене ялхуçалăх налогĕ тÿлеттермессĕ, теççĕ. Эпĕ çав çăмăллăхпа мĕншĕн усă кураймастăп-ха?**

**П. ТИМОФЕЕВ.**
Етĕрне районĕ,
Исампай ялĕ.

Тĕрĕсленĕ хыççăн çакă паллă пулчĕ: сирĕн аçăр, К. Митрофанов, чăнах та 1943 çулхи июнь уйăхĕнче фронтра хыпарсăр çухалнă. Йĕрке тăрăх çăмăллăх пулмалла пек. Анчах тивĕçлĕ органсем йышăннă тăрăх, вăрçăра вилнĕ е хыпарсăр çухалнă, аманса, контузи пулса е ытти сăлтавпа вилнĕ граждансен çемйисем, — фронтовик вилнĕ чухне килхуçи е çав хуçалăх членĕнче шутланса тăнă пулсан кăна, çав çынсен çемйисем льготăпа усă курма пултараççĕ.

Сирĕн аçăр пурăннă хуçалăх хальхи вăхăтра çук. Эсир урăх çĕрте — З. Яковлева хуçалăхĕнче пурăнатăр. Ку вăл К. Митрофанов фронтовик хуçалăхĕ мар, çавăнпа сире ялхуçалăх налогĕнчен хăтарма май çук, — тесе пĕлтерчĕç Етĕрне районĕнчи финанс пайĕнчен.

### Шашлык е ветчина

**Ялсенче килти хуçалăхра аш-какайсăр кил çук ĕнтĕ. Анчах çав ашран ветчина тата шашлык хатĕрлеме вĕренекен пулсан аванччĕ.**

**И. КРАСНОВ.**
Хĕрлĕ Чутай районĕ,
Хурашаш ялĕ.

1982 çулта Чăваш кĕнеке издательстви А. Медведев пухса хатĕрленĕ «Тутлă апат-çимĕç» кĕнеке пичетлесе кăларнă. Унта çапла каланă вырăнсем пур.

**Шывра пĕçернĕ ветчина.** Ветчинари таса мар вырăнсене касмалла, сивĕ шывпа çуса тасатмалла та тăварланă какая пĕçернĕ пек, сивĕ шыва ярса, пĕçерме лартмалла. Ветчина пиççе çитсен, ăна порци пуçне 2 — 3-шер çÿхе те сарлака касăкăн вакламалла. Вара ветчина, окорок тата рулет касăкĕсене сĕтел çине парас умĕн кăштах соус янă савăтра е ветчина пĕçернĕ шÿрпере вĕри çĕрте тытмалла.

Пĕçернĕ ветчинана, окорока тата рулета пĕçерсе тÿнĕ çĕрулмипе е пăрçа нимĕрĕпе пĕрле, çупа е сĕт соусĕпе тутлăлантарса тунă симĕс пăрçапа пама юрать. Соусне тĕрлĕрен тума пулать (томатран, суханпа горчицăран, пăрăçран тата ытти те хатĕрленĕ соуссем).

**Сурăх какай шашлыкĕ.** Сурăх какайне шăнăрсенчен тасатмалла, тăваткал лаптак татăксем тумалла, тăвар калаттармалла, пăрăç, вĕттĕн туранă пуçлă сухан тата петрушка çулçи сармалла, лимон сĕткенĕпе хутăштармалла, эмалленĕ савăт çине хурса, сивĕ çĕре 4 — 6 сехетлĕхе лартмалла.

Ăшалас умĕн какай татăкĕсене тата ункă пек туранă сухан касăкĕсене ылмаштарса шпажка е çиңçе хăйă çине тирсе тухмалла та çупа вăйлă хĕртнĕ çатма çинче е çунакан кăвар çинче тытса ăшаламалла. Пиççе çитнĕ шашлыка шпажкăран кăларса сурăх шăмми ярса пĕçернĕ шÿрпери кĕрпеклĕ рис пăттипе пĕрле памалла. Шашлыкăн пĕр вĕçне лимон касăкĕ, тепĕр вĕçне туранă симĕс сухан хурса памалла.

### Календула чечекĕ—эмел

**Шупашкарти колхоз пасарĕнче типĕтнĕ ноготки (календула) чечекĕ сутаççĕ. Унпа мĕнле чиртен сывалма пулать-ши?**

**М. АЛЕКСАНДРОВА.**
Çĕрпÿ хули.

Ноготки ятлă эмел курăкне (календулăна) çурт-йĕр таврашĕнче илемшĕн лартса ÿстереççĕ. Вăл июньтен пуçласа октябрьччченех чечеке ларать. Çынсем унăн чечекне пухса хĕвел лекмен вырăнта (мачча çинче е сушилкăра) типĕтеççĕ. Чечеке татнă хыççăн 3 — 4 сехет хушшинче типĕтсе ĕлкĕреймесен вăл хĕрсе кайнипе усăсăр пĕтме пултарать.

Ноготки чечекĕнче эфир çăвĕ, календулин, йÿçек вещество, каротин, ликопин, фиторцид тата ытти япаласем пур.

Сăнаса пăхнă тăрăх, календулăран тунă эмелсенче çыннăн тĕп нерв системине лăплантарма, чĕрене лайăхрах ĕçлеттерме, юн пусăмĕпе рефлектор тапранăвне (çиллене, шăртланса кайнине) лăплантарма пулăшать.

Календула препарачĕсемпе (ноготки чечекĕ ярса хатĕрленĕ шĕвекпе, настойпа тата мазьпа) сурана, ÿт пиççе кайнине, час тÿрленсе çитмен язвăсемпе пÿр юхакан сурансене тÿрлетнĕ çĕрте усă кураççĕ. Ангинăпа стоматит чухне тута çăвара, пыра чÿхеççĕ. Ăш-чик, вар-хырăм, язва, гастрит чирĕсенчен, пĕвер, вăт çулĕсем, чĕре пĕр тикĕс тапманнине тÿрлетнĕ чухне усă кураççĕ.

Врачсем каланă тăрăх, календулăран хатĕрленĕ эмел рак чирĕнчен сыватнă чухне те питĕ кирлĕ. Çын ÿтĕнче тĕрлĕ суран, пÿр юхса тăракан шăтăксем, ÿт чирĕ — тимре, шĕпĕн тухсан, ал-ура хăмпăланса кайсан та врачсем сире çак курăк эмелне сĕнме пултараççĕ.

Медицина наукисен докторĕ Г. Алексеев сĕннĕ тăрăх, ÿте тул енчен компресс тума е çуса яма çур литр шыв çине пĕр чей кашăкĕ ноготки чечекĕнчен тунă шĕвек (настой) ярса пăтратмалла. Шалти сурана тÿрлетме кунне 3 — 4 хутчен 30 — 40-шер тумлам ĕçмелле. Унăн шĕвекне икĕ стакан вĕри шыв çине икĕ пĕчĕк кашăк (чей кашăкĕпе) календула чечекĕ ярса хатĕрлемелле. Каллех аса илтеретпĕр: кирек мĕнле эмел пирки те хăвăрăн врачпа е фельдшерпа канашласа пăхăр.

### Комисси татса парать

**Манăн пĕр ывăл ăс-тăн енчен сывах мар. Çавăншăн ăна психика больницинчен патронаж пособийĕ 30 тенкĕ параççĕ. Анчах ытла та сахал вĕт-ха вăл. Пособи виçине ÿстерес тесен мĕн тумалла?**

**А. САМАРОВА.**
Муркаш районĕ.

Чирлĕ çынна ачаран пособи парса тăччăр тесен, сирĕн психика больницинчи ывăла сыватакан врач патне кайса калаçмалла. Унта ăна врачсем эксперт комиссине (ВТЭК) тăма хут çырса параççĕ. Эксперт комиссийĕнче вăл хăш группăри инвалид пулнине палăртаççĕ. Сирĕн ача чăнах та инвалид пулсан, ун çинчен эксперт комиссийĕ справка çырса парать. Вара çав справкăна Муркаш районĕнчи социаллă пулăшу пайне тăратмалла. Унсăр пуçне, ачан паспорчĕ, ĕç кĕнеки (пур пулсан), ял Советĕнчен çав ачан опекунĕ пулни çинчен ĕнентерекен хут кирлĕ.

Çавăн пек йĕркепе сирĕн ывăлăн пенси укçине ÿстерме май пур, тесе пĕлтерчĕç Муркаш районĕнчи социаллă пулăшу пайĕнчен.

### Ачасем пылак ыйтаççĕ

**Çĕршывра çĕнĕлле ĕçлеме пуçланăранпа вăхăт нумай иртрĕ. Аслă Тивĕш магазинне вара ача-пăча валли канфет, ытти пылак япаласем пачах килмеççĕ. Çакна мĕнле ăнланмалла?**

**А. СЕРГЕЕВ,**
вăрçă ветеранĕ.
Çĕрпÿ районĕ.

Сирĕн ыйту çине Çĕрпÿ райповĕн председателĕн заместителĕ Э. Борисова çапла пĕлтерчĕ: иртнĕ çул Аслă Тивĕшри магазинта 5 тонна та 280 килограмм пĕремĕк тата печени, 1 тонна та 871 килограмм канфет тата карамель сутнă. Аслă Тивĕшпе Кĕçĕн Тивĕшре пурĕ 304 çын пурăннине шутласан, ку вăл кашни çын пуçне 23,5 килограмм кондитер изделийĕ сутнине пĕлтерет.

Паллах, çавăн чухлĕ кăна уйăрса панипе тивĕшсен ыйтăвне туллин тивĕçтерме май çук. Анчах ку вăл райпоран килекен сăлтав кăна мар.

### Шута кĕмест

**Вăтам шкул пĕтернĕ хыççăн пĕр çул колхозра ĕçлерĕм. Ун хыççăн хатĕрленÿ уйрăмĕнче кăнтăрла вĕренсе аслă шкула вĕренме кĕтĕм. Вĕренсе пĕтерсен, иккĕмĕш ... учительницăра ĕçлетĕп. Пĕлес килет: манăн аслă шкулта вĕренни педагогсен стажне кĕрет-и?**

**Г. ВАЛЕНТИНОВА.**
Шăмăршă районĕ.

Учительсемпе преподавательсен тата ытти педагогика работникĕсен, хăйсем çамрăк чухне институтра е университетра вĕреннĕ вăхăта ĕç стажне кĕртес пулсан, аслă вĕренÿ заведенине вĕренме кĕриччен 9 уйăхран кая мар педагогикăра ĕçлени кирлĕ. Çав йĕрке тăрăх, эсир малтан çулталăк хушши колхозра ĕçлени институтра вĕреннĕ вăхăта педагогсен ĕç стажне кĕртме пулăшмасть, — тесе пĕлтерчĕç Чăваш АССР Халăха вĕрентес ĕç министерствинчен.

*Материалсене И. БОРИСКИН хатĕрленĕ.*

## МĔН ÇАКЛАШКИ-МУКЛАШКИ?

— Ай-уй, ÿксе ал-урана хуçса хураттăмччĕ пуль, — тесе мăкăртаткаласа илчĕ Именкасси урамĕпе пыракан пĕр кинемей çакланнă пралука вĕçертнĕ май. Ăçта пăхнă унта çаклашки-муклашки йăвалать. Мĕншĕн пухмастпăр ку тимĕр-тăмăра?

— Эккей, тупнă урамра йăваланса выртакан тимĕр-тăмăр татăкĕшĕн, пралукшăн калаçса çăвар тутине сая яма. Кайса пăх-ха парка. Унта кивĕ автомашина-трактор пайĕ мĕн чухлĕ. Çапах ăна государствăна пама васкамаççĕ, — терĕ ватта хирĕç иртсе пыракан арçын.

Чăн çăмахăн суйи çук. «Дружба» колхоз пĕлтĕр государствăна тимĕр-тăмăр памалли плана 83 процент çеç тултарнă.

Чылай машинăсемпе механизмсем темиçешер çул усăсăр ларса тутăхнине, купи-купипе тимĕр-тăмăр йăваланса выртнине «Герой», «Прогресс», «Россия» колхозсенче, «Красноармейский» совхозра сахал мар курма пулать. Çапах та çак хуçалăхсем государствăна тимĕр-тăмăр памалли задание пурнăçламан. Карайсем, акă, планпа пăхнă 65 тонна вырăнне 29 тонна çеç тимĕр-тăмăр тиесе янă.

Районти юсав предприятийĕ планăн пĕрре виççĕмĕш пайне çеç тултарнă. Çурçĕрти электросеть, «Агропромэнерго» тата ытти хăшпĕр организацисемпе хуçалăхсем государство заказĕ çине пÿрне витĕр çеç пăхаççĕ. Çавна пулах ĕнтĕ Красноармейски районĕ пурĕ 500 тонна ытла тимĕр-тăмăр парса çитереймен.

**ĂСАН УÇАПЕ.**

### ● *Кулăш кĕтесĕ*

#### Савăннă

— Халĕ эпĕ те чапа тухрăм ĕнтĕ. Ман çинчен пĕр писатель тахçанах кĕнеке çырнă иккĕн, — мухтанать Михаля арăмĕ умĕнче.

— Мĕнле пĕлетĕн?

— Кÿршĕ каларĕ: «Эсĕ каснă лартнă Лапшу Çтаппанĕ. Сан çинчен Куçма Чулкаç писатель тахçанах кĕнеке çырнă», —терĕ.

#### Мĕн пĕçернине пĕлме

— Эсĕ апат çинĕ чух мĕншĕн яланах кулинари кĕнекине тытса ларатăн? — ыйтать пĕри кÿршинчен.

— Унсăрăн арăм мĕнле апат пĕçернине пĕлейместĕп-çке, — хуравлать лешĕ.

**Г. БЕЛОВ.**
Элĕк районĕ.

## «Йĕплĕ çăмах» хыптарсан

«Ăшă йăва» (пĕлтĕрхи октябрĕн 14-мĕшĕ) фельетонра çырса кăтартни тĕрĕс, — пĕлтерет республикăри халăхăн йăла ыйтăвĕсене тивĕçтерекен пĕрлешÿ директорĕ В. Башминов. — Елчĕкри йăла управленийĕнче укçа-тенке тата пурлăх ресурсĕсене шута илессине тивĕçлипе йĕркелемен. Çав йĕркесĕрлĕхпе усă курса, Аслă Таяпари йышăну пунктĕн приемщици В. Христофорова 1.703 тенкĕлĕх тăкак тунă. Суд унран 1.367 тенкĕ шыраса илме йышăннă, ытти укçине тĕп кассăра ĕçленĕ В. Красновăран шыраса илессĕ. Ĕçри çитменлĕхсемшĕн тата налог тÿлеменшĕн В. Баранова тĕп бухгалтера çирĕп выговор панă, 1987 çулшăн илнĕ преми укçине унран 50 процент тытса юлнă. Управлени начальникне П. Бобина асăрхаттарнă».

**Й. Ç.:** Государство укçине хăйăн кĕсйине чикме тăрăшакансене тивĕçлипе явап тыттарнă. Пулă пуçĕнчен çĕрĕт тенешкел, патшалăх шучĕпе пуйма ĕмĕтленекен пуçлăхсенчен тĕслĕх илмеççĕ-ши вĕсем?

«Çул кукрашки-муклашки» (пĕлтĕрхи ноябрĕн 11-мĕшĕ) материалта Муркашри спорт çурчĕн заведующийĕ В. Андреев çамрăксене пухса ĕçкĕ туни, автомашина рулĕ умне ÿсĕр пуçпа ларни çинчен çырнăччĕ. Район Совечĕн ĕçтăвкомĕн председателĕ В. Рубцов пĕлтернĕ тăрăх, статьяна райĕçтăвкомăн административлă комиссийĕн ларăвĕнче сÿтсе явнă.

**Й. Ç.:** Сÿтсе явни лайăх-ха, анчах мĕнле мерăсем йышăннă-ши? Шел, кун пирки Рубцов юлташ пире пĕлтерес темен. Тен, ку государство пĕлтерĕшлĕ вăрттăнлăхсен шутне кĕрет?

«Упи кăçман çырминче» (пĕлтĕрхи ноябрĕн 25-мĕшĕ) фельетонра Шупашкарти Мăсокомбинатски поселок çÿп-çап айне пулни пирки пăшăрханса çырнăччĕ. Калинин район Совечĕн ĕçтăвкомĕн председателĕ И. Баскаков пĕлтернĕ тăрăх, çырăва вырăна кайса тĕрĕсленĕ. Ноябрьте 4, 5, 6-мĕш линисенчи çÿп-çап куписене урăх вырăна куçарнă. Агрегат заводĕ 7-мĕш линири çулсене тасатнă.

**Й. Ç:** Тасатнă — аван. Анчах тирпейленĕ хыççăнах çав вырăнсем каллех çÿп-çаппа тулса ларассĕ иккен. Пĕр çăмахпа, культура тени çитсех каймасть пирĕн.

